ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

№ 29 (9708) | 1956 çул, февраль 10, эрнекун | 38-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Воронеж колхозникĕсен патриотла чĕнĕвĕ çине ĕçпе ответлер!

КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕпче социализмла ялхуçалăхĕ умне питĕ пысăк задачăсем лартнă. Коммунистсен партийĕ çав задачăсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн колхозлă ял ĕçченĕсене çĕнĕ пилĕкçуллăхăн пирвайхи кунĕсенчен тытăнсах çине тăрса кĕрешме чĕнчĕ. Парти чĕнниле хавхаланса, ялхуçалăх работникĕсем çĕршывра тĕштырă, аш-какай, сĕт, çĕрулми, пахча çимĕç тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине кĕске вăхăтрах нумай ӳстерме пулăшакан паха майсем шыраса тупаççĕ, çĕрĕçпе выльăх ĕрчетес ĕçре малта пыракансен опычĕпе анлăн усă кураççĕ.

Колхоз стройĕ калама çук хăватлă. Унăн ялхуçалăх производствине хăвăрт вăйлатма халиччен усă курман е тин çеç усă курма тытăннă çав тери пысăк майсемпе резервсем пур.

Çак кунсенче Воронеж облаçĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем, машина-трактор станцийĕсемпе совхозсен работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем Чĕнсе калани пичетленсе тухрĕ.

**«Эпир хамăрăн тăван Коммунистсен партийĕн чĕнĕвĕ çине ответлесе,—тесе çыраççĕ вĕсем,—улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче аш-какай тата сĕт туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе палăртнă задачăна срокчен пурнăçлама, урăхла каласан, аш-какай туса илессине 5 çул хушшинче мар, пĕр çул хушшинчех икĕ хут ӳстерме, сĕт суса илессине çулталăк çурă хушшинче икĕ хут ӳстерме обязательствăсем илетпĕр».**

Воронеж колхозникĕсем Совет Союзĕнчи мĕнпур ялхуçалăх работникĕсене кăçал аш-какай, сĕт тата ялхуçалăхĕн ытти продукчĕсене нумайрах туса илсе государствăна ытларах парассишĕн тата сутассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарма чĕнеççĕ. Аш-какай туса илессине çакăн чухлĕ ӳстерес тесе вĕсем уйрăмах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн хăвăртрах тупăш илме май паракан отраслĕне—сысна ĕрчетессине—питĕ вăйлăн аталантараççĕ.

Воронеж колхозникĕсен пуçарăвне пĕтĕм çĕршывĕпех ырласа йышăнаççĕ. Çакă вăл пирĕн республикăшăн та питĕ паха, мĕншĕн тесен республикăри колхозсем аш-какай, уйрăмах сысна ашĕ туса илес ĕçре, чăтма çук юлса пыраççĕ. Республикăри колхозсенче 1955 çулта сысна ашĕ, пĕтĕмĕшпе илсен, акăнакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне пĕтĕмпе те 5,1-шер центнер çеç туса илнĕ. Сысна ĕрчетсе самăртасси çакăн пек япăх пулса пынине хăвăрт пĕтерме пур районсенче те халех тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ республикăри колхозсенче 1956 çулта сысна ашĕ туса илессине çамрăк амасене пĕр хутчен çăвăрлаттарса самăртнипе ӳстересси çинчен постановлени йышăннă. Çав постановленире колхозсенче сысна ашĕ туса илес ĕçре чăрмантаракан сăлтавсене тĕплĕн уçса палăртнă.

Республикăри малта пыракан хăшпĕр колхозсемшĕн çамрăк амасене çăвăрлаттарса йышлăн самăртасси çĕнĕ ĕç мар. Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз, сăмахран, 1955 çулта 65 тĕп амасăр пуçне 30 çамрăк амана пĕр хутчен çăвăрлаттарнă, çавна май сысна нумай самăртнă. Колхоз кашни амаран 22,6-шер çура, акăнакан кашни 100 гектар çĕр пуçне 25-шер центнер сысна ашĕ илнĕ. Çамрăк амасене пĕр хутчен çăвăрлаттарса аш валли самăртма Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан, Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан, Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозсенче те тытăннă.

Çĕрпӳ районĕнчи «Новая жизнь» колхозăн сысна ферми работникĕсен ĕçне те ырăпа асăнмасăр иртме çук. Вĕсем кăçал кашни сысна аминчен 1.200 килограмран кая мар, урăхла каласан, акăнакан кашни 100 гектар çĕр пуçне 40 центнер сысна ашĕ туса илме пулнă. Вĕсем çакна пурнăçлама 50 тĕп амасăр пуçне пĕлтĕрхи çурасенчен 40 çамрăк ама суйласа илсе, кăçалхи январьте, 8—9 уйăхра чухне, чуптарса хăварнă.

Çамрăк амасене пĕр хутчен çăвăрлаттарса самăртни экономика енчен питĕ усăллă—çамрăк амасенчен илнĕ çурасен хăйне ларакан хакĕ тĕп амасенчен илнĕ çурасен хăйне ларакан хакĕнчен икĕ хута яхăн йӳнĕрех.

Анчах республикăри нумай колхозсем сысна ашĕ туса илессине ӳстермелли çак пысăк резервпа усă курма пачах тытăнман. Çавăнпа ĕнтĕ пĕлтĕр, пĕтĕм республикипе илсен, кашни ама пуçне 5,5-шер çура тата аш 100-шер килограмм кăна илнĕ.

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствин, райсовет исполкомĕсемпе КПСС райкомĕсен 1956 çулта сысна ашĕ туса илессине хăвăрт ӳстерме мерăсем йышăнмалла. Çакна ăна колхозсенче сысна самăртас ĕçе татăклăн лайăхлатнипе, тĕп амасенчен çурасем нумайрах илнипе, çамрăк амасене пĕр хут çăвăрлаттарса самăртнипе пурнăçламалла. Каламасăрах паллă, çак ĕçе сыснасене пăхассине тата тăрантарассине тĕпрен лайăхлатмасăр тума май килмест. Тĕп амасене иккĕмĕш хут çулла, анчах август уйăхĕнчен кая юлмасăр çăвăрлаттарас пулать. Çакна шута илсе колхозсенче сыснасене вăхăтра чуптарса хăвармалла. **Облаçри парторганизацин XXVI-мĕш конференцийĕ кăтартса панине пурнăçласа, кăçал республикăра пурĕ 120 пин пуç сысна самăртмалла, çав шутра 35.870 çамрăк амана пĕр хут çăвăрлаттарса самăртмалла.**

Ку вăй—пысăк та ответлă задача. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕ сысна нумайрах ĕрчетсе самăртас ĕçре колхозниксене хавхалантарас шутпа колхозсен правленийĕсене çапла тума сĕннĕ: кашни сыснан чĕрĕ виçи 70 килограмран иртсе кайсан, сысна пăхакана ĕçшĕн хушса тӳлес йĕркепе 5 процент таран, сыснана 70 килограма çити самăртнăшăн—унăн чĕрĕ виçин 3 процентĕ таран натурăпа памалла. Колхоз председательне, зоотехникне е агрономне, фермăсен заведующине кашнинех самăртнă сыснасен пĕтĕм чĕрĕ виçин 1 процентĕ чухлĕ натурăпа памалла. Пĕр хут çăвăрлаттаракан темиçе çамрăк амана пăхакан колхозниксемпе колхозницăсене вара планран иртерсе пăхса ӳстернĕ кашни 4 çăвăртан пĕрне ĕçшĕн хушса тӳленĕ йĕркепе памалла.

Кунпа пĕрлех республикăри колхозсенче халĕ ĕнесенчен кашни кун сĕт нумайрах суса илессишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешни кирлĕ.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕ ялхуçалăхĕнче усă куракан кашни 100 гектар çĕр пуçне, ĕç вăйĕпе укçа-тенкĕ сахал хунипех продукци туса илессине нумай ӳстерес задача лартрĕ. Продукцин кашни единицине тума ĕç вăйĕ сахалрах расходлассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн кĕрешер! Аш-какай, сĕт-çу нумайрах туса илме чĕнекен Воронеж колхозникĕсен патриотла пуçарăвĕ çине кашни колхозрах ĕçпе ответлер!

## Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕнче

### РЕСПУБЛИКĂРИ РАЙОНСЕМ 1955 ÇУЛХИ ОКТЯБРĔН 1-МĔШĔПЕ 1956 ÇУЛХИ ФЕВРАЛĔН 1-МĔШĔ ХУШШИНЧЕ СĔТ ТАТА АШ-КАКАЙ ТУСА ИЛЕССИНЕ ӲСТЕРЕССИШĔН ĂМĂРТСА ĔÇЛЕНИН ИТОГĔСЕМ ÇИНЧЕН

Республикăри районсем 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕ хушшинче сĕт тата аш-какай туса илессине ӳстерессишĕн ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çапла йышăннă:

1. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Чăваш обкомĕн ĕнесенчен сĕт суса илнĕшĕн паракан куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне Вăрнар районĕнчех хăварас, çак район 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне кашни 100 гектар çĕр пуçне 17,6 центнер, кашни ĕнерен вăтам шутпа 336 килограмм сĕт суса илнĕ.

Ĕнесенчен сĕт суса илес енĕпе Çĕрпӳпе Улатăр районĕсем лайăх ĕçленине палăртас.

Çĕрпӳ районĕнчи колхозсем 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕ хушшинче кашни 100 гектар çĕр пуçне 13,1 центнер, кашни ĕнерен 373 килограмм сĕт суса илнĕ.

Улатăр районĕнчи колхозсем çав вăхăт хушшинче кашни 100 гектар çĕр пуçне 12,3 центнер, кашни ĕнерен 341 килограмм сĕт суса илнĕ.

2. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн выльăх-чĕрлĕх самăртас ĕçре малта пынăшăн паракан куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне Вăрнар районĕнчех хăварас, ку район çĕнĕ хуçалăх çулĕнчи 4 уйăх хушшинче кашни 100 гектар çĕр пуçне 13,4 центнер (чĕрĕ виçепе) аш илнĕ.

Выльăх-чĕрлĕх самăртас енĕпе Çĕрпӳ районĕ лайăх ĕçленине палăртас. Вăл 4 уйăх хушшинче кашни 100 гектар çĕр пуçне 9,5 центнер (чĕрĕ виçепе) аш-какай туса илнĕ.

# Информацилле пĕлтерӳ

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕн 1956 çулхи февралĕн 9-мĕшĕнчи ларăвĕ çинчен

Февралĕн 9-мĕшĕнче, кăнтăрла иртсен 2 сехетре, Шупашкарта, Советсен çуртĕн ларусен залĕнче Чăваш АССР-ĕн тăваттăмĕш созыври Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ уçăлнă.

Ларăва председатель пулса Чăваш АССР Верховнăй Совет Председателĕ **В. Я. Яковлев** ертсе пынă.

Верховнăй Советра пăхса тухма çак ыйтусене тăратнă:

1. Организацилле ыйтусем.

2. Чăваш АССР-ĕн 1956 çулхи бюджетне çирĕплетесси тата Чăваш АССР-ĕн 1955 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета çирĕплетесси.

Ку ыйтăва Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ тăратнă.

3. Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ кăларнă Указсене çирĕплетесси.

Ку ыйтăва Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ тăратнă.

Старейшинăсен Совечĕ хушнипе **И. В. Новиков** депутат (Комсомольски суйлав округĕ, Канаш хули) сĕннĕ тăрăх Верховнăй Совет, пĕр саслă пулса, çак ыйтусене сессин кун йĕркине кĕртнĕ.

Чăваш АССР-ĕн тăваттăмĕш созыври Верховнăй Совечĕн кун умĕнхи, иккĕмĕш сессийĕнче Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн заместительне Д. Я. Митьков юлташа Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ пулма суйланă май, Старейшинăсен Совечĕ хушнипе **И. П. Петров** депутат (Карăкла суйлав округĕ, Канаш районĕ), Пăрачкав районĕнчи Семеново суйлав округĕнчен суйланă Ольга Петровна Русина депутата Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн заместителĕ пулма суйлама сĕннĕ.

Верховнăй Совет, пĕр саслă пулса, О. П. Русина депутата, Чăваш АССР Верховнăй Совет Председателĕн заместителĕн ĕçĕсенчен хăтарса, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕн заместителĕ пулма суйланă.

**А. Е. Мустанова** депутат (Красноармейски суйлав округĕ, Красноармейски районĕ) сĕннипе Шăмăршă районĕнчи Шăмăршă суйлав округĕнчен суйланнă Серафима Александровна Рязанова депутата, пĕр саслă пулса, Чăваш АССР Верховнăй Совет Председателĕн заместителĕ пулма суйланă.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Председателĕ В. Я. Яковлев депутат çакăн çинчен пĕлтерет: Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕ Т. А. Ахазов депутат республикăран кайнă май хăйне Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕнчен хăтарма ыйтса Чăваш АССР Верховнăй Совет Председателĕ ячĕпе заявлени панă. Лару председателĕ çак заявление вуласа панă.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ Т. А. Ахазов депутат ыйтнине тивĕçтернĕ, ăна Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

Старейшинăсен Совечĕ хушнипе **М. И. Иванов** депутат (Ямаш суйлав округĕ, Шăхасан районĕ) сĕннĕ тăрăх Верховнăй Совет, пĕр саслă пулса, Елчĕк районĕнчи Аслă Таяпа суйлав округĕнчен суйланнă Семен Матвеевич Ислюков депутата Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕ пулма суйланă.

Унтан Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ кун йĕркинчи иккĕмĕш ыйтăва—Чăваш АССР-ĕн 1956 çулхи бюджетне çирĕплетесси тата Чăваш АССР-ĕн 1955 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен калакан отчета çирĕплетесси çинчен сӳтсе явма тытăннă.

Верховнăй Совет Чăваш АССР-ĕн 1956 çулхи бюджечĕ çинчен тата Чăваш АССР-ĕн 1955 çулхи бюджетне мĕнле пурнăçлани çинчен Чăваш АССР Финанс министрĕ **А. В. Сомов** депутатăн докладне итленĕ.

Унтан Чăваш АССР Верховнăй Совет Председателĕ В. Я. Яковлев депутат Верховнăй Советăн Бюджет комиссийĕн Председательне **М. П. Павлов** депутата содоклад тума сăмах панă.

Бюджет комиссийĕн содоклачĕ хыççăн Чăваш АССР-ĕн 1956 çулхи бюджечĕ çинчен тата Чăваш АССР-ĕн 1955 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен Чăваш АССР Финанс министрĕ А. В. Сомов депутат тунă доклада сӳтсе явма тытăннă. Доклад тăрăх çаксем тухса каланă: **С. М. Синицын** депутат (Ленински суйлав округĕ, Канаш хули), **П. Т. Тимофеев** депутат (Патăръел суйлав округĕ, Чкаловски район), **Н. П. Кондрашин** депутат (Сталински суйлав округĕ, Улатăр хули), **Н. К. Корчагина** депутат (Ленински суйлав округĕ, Çĕмĕрле хули), Чăваш АССР Госплан председателĕ **В. Я. Людиновский** юлташ, **М. Ф. Митрофанова** депутат (Ирçе суйлав округĕ, Етĕрне районĕ), Еççыпни депутачĕсен Элĕк райсовет исполкомĕн председателĕ **В. С. Ярдухин** юлташ, Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕ **М. И. Иванов** юлташ, **А. О. Осипова** депутат (Ишлей-Покровски суйлав округĕ, Ишлей районĕ).

Çакăнпа Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн пĕррремĕш ларăвĕ хупăннă.

# КПСС XX-мĕш СЪЕЗЧĔ УМĔН

## Заводри рационализаторсем

ÇĔМĔРЛЕ. Йывăç япаласем тăвакан завод коллективĕ кăçалхи производство планне срокчен тултарма, КПСС XX-мĕш съездне ĕçри çитĕнӳсемпе кĕтсе илме йышăнчĕ. Ĕç тухăçлăхне ытларах ӳстерме тăрăшса, çитес çывăх кунсенче çĕнĕрен вунă сĕнĕве пурнăçа кĕртме обязательство илнĕ.

Предприятире малта пыракан рабочисемпе работницăсем тата инженерсемпе техниксем рационализаципе изобретательство ĕçне активлăн хутшăнаççĕ. Иртнĕ çулталăк хушшинче пурĕ 127 сĕнӳ панă, вĕсенчен 58 сĕнĕве ĕçе кĕртнĕ. Сĕнӳсене пурнăçа кĕртнипе, вăтам шутпа илсен, предприяти 545 пин тенкĕ перекетленĕ. **Рационализаторсемпе изобретательсене преми шучĕпе 20 пин тенкĕ ытла тӳленĕ.**

1955 çулта икĕ смотр ирттернĕ. Смотрсем вăхăтĕнче техника бюллетенĕсем кăларса тăнă, заводăн техника пайĕнче рабочи-рационализаторсемпе консультацисем ирттернĕ.

Çакăн пек массăллă ĕçсем ирттерни пысăк усă пачĕ. 4-мĕш цехри слесарь А. Судаков юлташ пĕр пысăках мар детале урăхла майпа туса кăларма сĕнӳ пачĕ. Упăн сĕнĕвĕ кăна çулталăкра 4 пин тенкĕ перекетлеме, ĕç тухăçлăхне икĕ хут ӳстерме пулăшрĕ.

В. Шутилин конструктор, Ермишинпа Серов рабочисемпе пĕрле, тимĕр шăтармалли станок туса хатĕрленĕ. Çак станокпа усă курни ĕç тухăçлăхне виçĕ хут ӳстерчĕ, çулталăкне 11 пин тенкĕ перекетлеме май пачĕ.

Слесарь К. Чупраков юлташ электричество кĕртнĕ чухне усă курма 5 штамп туса хатĕрлерĕ. Унăн сĕнĕвĕ штамп тăвассипе детале шăтарас ĕçе пĕр вăхăтрах туса ирттерме май пачĕ, çулталăкне 5 пин тенкĕ яхăн перекетлеме пулăшрĕ.

Цех начальникĕ Н. Тюринпа мастер В. Кирюшин юлташсем пĕрле панă пĕр сĕнӳ ĕç тухăçлăхне икĕ хут ӳстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма тата кунпа пĕрлех çулталăкра 5 пин тенкĕ ытла перекетлеме, вĕсен тепĕр сĕнĕвĕ—21 пин тенкĕ ытла перекетлеме май парать.

1955 çулта рационализаторла сĕнӳсем панă новаторсенчен слесарь А. Судаков сменăри ĕç нормине 2—3 хут, слесарь П. Арефьевпа прессовщик И. Тимошин—икшер хут ытла тултараççĕ. Кунпа пĕрлех рационализаторсем хăйсен пĕлĕвне ӳстереççĕ. Конструктор В. Шутилин, М. Клячкин, технолог Н. Иванов юлташсем Ленинградри вăрман институтĕнче, заочно вĕренеççĕ.

КПСС XX-мĕш съездне хатĕрленнĕ май рационализаторсем, изобретательсем, ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пырассишĕн, продукци ытларах туса кăларассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн тата унăн хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ.

Г. ИВАНОВ.

### Колхозниксен сĕнĕвĕсем

ЭЛĔК. Чкалов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сӳтсе яврĕç.

СССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли Директивăсен проектне колхозниксем тулли кăмăлпа ырлаççĕ. Кунпа пĕрлех вĕсем сывлăха сыхлас енĕпе ĕçлекен учрежденисен ĕçне лайăхлатма, район центрĕнче рентген кабинечĕ тата ялта пуçламăш шкул уçма, колхозниксен килĕсене радио кĕртме сĕнӳсем пачĕç.

Колхозниксем тырпул тухăçне тата выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçне ӳстерме обязательствăсем йышăнчĕç.

М, ОРГАЛЬКИНА.

## Сĕт суса илессине кашни кун ӳстерсе пырар!

### РЕСПУБЛИКĂРИ КОЛХОЗСЕМ 1955 ÇУЛХИ ОКТЯБРĔН 1-МĔШĔПЕ 1956 ÇУЛХИ ФЕВРАЛĔН 1-МĔШĕ ХУШШИНЧЕ МĔН ЧУХЛЕ СĔТ СУСА ИЛНИНЕ КĂТАРТНИ

| Районсем | Ялхуçалăхĕнче усă куракан кашни 100 гектар çĕр пуçне (килогрампа) | 1954—1955 çулсенчи çав вăхăтринчен сĕт нумайрах е сахалрах суса илнĕ (килогрампа) | Çĕнĕ хуçалăх çулĕн малтанхи тăватă уйăхĕнче кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа) | Иртнĕ çулхи çав вăхăтринчен сĕт нумайрах е сахалрах суса илнĕ (килогрампа) | 1956 çулхи январь уйăхĕнче кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа) | Иртнĕ çулхи çав вăхăтринчен сĕт нумайрах е сахалрах суса илнĕ (килогрампа) |
|---|---|---|---|---|---|---|
| 1. Вăрнар | 1.757 | +297 | 336 | + 54 | 115 | + 26 |
| 2. Çĕрпӳ | 1.307 | +352 | 373 | + 80 | 120 | + 35 |
| 3. Улатăр | 1.233 | +521 | 341 | + 147 | 113 | + 46 |
| 4. Етĕрне | 1.083 | + 53 | 280 | + 1 | 90 | — 5 |
| 5. Муркаш | 1.080 | +131 | 254 | + 18 | 94 | + 13 |
| 6. Чкаловски | 1.049 | +385 | 293 | + 96 | 99 | + 35 |
| 7. Çĕмĕрле | 1.039 | +326 | 264 | + 81 | 86 | + 34 |
| 8. Елчĕк | 1.000 | +291 | 291 | + 64 | 86 | + 23 |
| 9. Йĕпреç | 854 | + 15 | 211 | — 1 | 69 | + 11 |
| 10. Комсомольски | 811 | +263 | 207 | + 48 | 67 | + 12 |
| 11. Первомайски | 779 | +259 | 241 | + 73 | 69 | + 23 |
| 12. Ишлей | 749 | —123 | 172 | — 52 | 50 | — 17 |
| 13. Калинино | 732 | +122 | 190 | + 39 | 67 | + 14 |
| 14. Шупашкар | 727 | + 26 | 211 | + 5 | 74 | + 3 |
| 15. Красноармейски | 714 | +121 | 181 | + 26 | 67 | + 14 |
| 16. Шăхасан | 708 | +140 | 195 | + 30 | 62 | + 23 |
| 17. Сĕнтĕр | 690 | —117 | 156 | — 30 | 56 | — 9 |
| 18. Пăрачкав | 670 | +190 | 216 | + 54 | 49 | + 19 |
| 19. Чурачăк | 650 | +134 | 179 | + 15 | 62 | + 13 |
| 20. Кувакино | 593 | +255 | 213 | + 77 | 52 | + 18 |
| 21. Элĕк | 523 | — 10 | 141 | — 9 | 50 | + 6 |
| 22. Канаш | 516 | + 63 | 149 | + 5 | 51 | + 6 |
| 23. Тăвай | 515 | — 65 | 136 | — 37 | 46 | — 9 |
| 24. Советски | 503 | +106 | 147 | + 35 | 48 | + 15 |
| 25. Хĕрлĕ Чутай | 473 | +151 | 167 | + 65 | 57 | + 22 |
| 26. Вăрмар | 466 | + 22 | 168 | — 3 | 48 | + 4 |
| 27. Шăмăршă | 432 | +216 | 215 | + 106 | 57 | + 38 |
| 28. Сĕнтĕрвăрри | 425 | — 52 | 115 | — 22 | 42 | — 4 |
| 29. Октябрьски | 419 | — 1 | 147 | — 10 | 47 | — 3 |
| 30. Куславкка | 371 | + 81 | 143 | + 32 | 52 | + 12 |

* * *

Сводкăра кăтартнă тăрăх, республикăри колхозсенче ĕнесенчен сĕт суса илесси питĕ вăраххăн ӳссе пырать. Çĕнĕ хуçалăх çулĕнчи тăватă уйăх хушшинче иртнĕ çулхи çав вăхăтринчен кашни ĕне пуçне 31 килограмм, кашни 100 гектар çĕр пуçне 1,4 центнер кăна сĕт ытларах илнĕ. **Ĕнесенчен сĕт суса илессине çакăн пек кăна ӳстерсе пырсан, республика, районсем тата çавăн пекех колхозсем сĕт-çу туса илес енĕпе хăйсем йышăннă 1956 çулхи плана тултарма пултараймаççĕ.**

Ĕнесенчен сĕт уйрăмах Куславкка (КПСС райкомĕн секретарĕ Хромов юлташ, райисполком председателĕ Смыков юлташ), Октябрьски (КПСС райкомĕн секретарĕ Селенин юлташ, райисполком председателĕ Христофоров юлташ), Сĕнтĕрвăрри (КПСС райкомĕн секретарĕ Петрухин юлташ, райисполком председателĕ Чумакова юлташ), Шăмăршă (КПСС райкомĕн секретарĕ Иванов юлташ, райисполком председателĕ Васильев юлташ), Вăрмар (КПСС райкомĕн секретарĕ Алексеев юлташ, райисполком председателĕ Смирнов юлташ), Хĕрлĕ Чутай (КПСС райкомĕн секретарĕ Филиппов юлташ, райисполком председателĕ Осипов юлташ) районĕсенче питĕ сахал суса илеççĕ.

Республикăри 6 районта кашни 100 гектар çĕр пуçне сĕт суса илесси чакнă, 8 районта çĕнĕ хуçалăх çулĕнчи 4 уйăх хушшинче иртнĕ çулхи çав вăхăтринчен сĕт сахалрах суса илнĕ.

Сĕнтĕрвăрри районĕнче кашни ĕне пуçне сĕт чи сахал—115 килограмм кăна сунă. Çакă вăл иртнĕ çулхи çав вăхăтринчен те кашни ĕне пуçне 22-шер килограмм сахалрах. Ишлей районĕнче çĕнĕ хуçалăх çулĕнчи 4 уйăх хушшинче кашни ĕнерен 52-шер килограмм, Сĕнтĕр районĕнче—30-шар килограмм сахалрах суса илнĕ.

Тăвай районĕнчи колхозсенче те ĕнесенчен сĕт тӳсме çук сахал суса илеççĕ. Кунта 4 уйăх хушшинче кашни ĕнерен 136 килограмм кăна сĕт суса илнĕ, ку вăл иртнĕ çулхи çав вăхăтринчен 37 килограмм сахалрах пулать. Апла пулин те çак район руководителĕсем Чудаковпа Кузнецов юлташсем сĕт суса илессине ӳстерес пирки тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Республикăри колхозсенче кăçал выльăх-чĕрлĕх валли апат нумайрах хатĕрленĕ. Çавăнпа та сĕт суса илессине ӳстерме ĕнесене тăрантарас, шăварас тата пăхса усрас ĕçсене лайăх йĕркелемелле кăна. Решенисем йышăннипех сĕт суса илесси ӳсмест. Фермăсенчи ĕçе тĕрĕс йĕркелесе, ĕнесенчен сĕт суса илессине кашни колхозрах ӳстерме конкретлă ĕçсем тумалла.

**Пĕтĕм çĕршыв КПСС XX-мĕш съездне чыслăн кĕтсе илме хатĕрленет. Парти съездне ĕнесенчен сĕт суса илессине ӳстернипе кĕтсе илер! Сĕт нумайрах суса илессишĕн дояркăсен социализмла ăмăртăвне анлăн сарар! 1956 çулта кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.500 килограмран кая мар сĕт суса илер!**

### Обязательствăна чыслăн пурнăçлаççĕ

КАНАШ. (Хамăр корр.). Партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, литейно-сварочнăй завод коллективĕ февраль уйăхĕнчи производство программине съезд уçăлнă кун тĕлне пурнăçлама пулчĕ.

Çавăн хыççăн заводра ăмăрту анлăн сарăлчĕ. Халĕ кунта ĕç нормине тултарман рабочисем çук, пур бригадăсемпе цехсем те плана куллен ирттерсе тултараççĕ. Алюминирен савăт-сапасем тăвакан цех (начальникĕ Н. Еромасов юлташ) январь уйăхĕнчи плана 119 процент тултарчĕ. Ку цехри И. Федоровпа Г. Исламов юлташсен бригадисем задание куллен 125—130 процент тултараççĕ. Слесарно-механически цехра Миронов юлташ бригади малта пырать.

Завод коллективĕ иртнĕ уйăхри плана 113 процент тултарчĕ.

### Съезд тĕлне кашни ĕнерен 700 литр

ЙĔПРЕÇ. Крупская ячĕпе тăракан колхоз членĕсем обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерессишĕн чăннипе тăрăшса ĕçлеççĕ. Выльăхсене тăрантарма концентрат тата сĕтеклĕ апатсем çителĕклĕ хатĕрленĕ. Колхоз кукуруза тунипе çулçинчен 100 тонна ытларах силос хывнă. Ферма çуртĕсене лайăх юсаса ăшăтнă. Иртнĕ çулта çĕнĕ сысна вити тата кормокухня тунă. Фермăсенче апат хатĕрлемелли машинăсем пур.

Уйрăмах кунта ĕнесене пăхса усрассине лайăхлатнă. Дояркăсем çирĕп кун йĕрки тăрăх ĕçлеççĕ. Рацион тăрăх кашни ĕне пуçне 20 килограмм силос, 5 килограмм выльăх кăшманĕ, 1,5 килограмм концентрат тата 15—16 килограмм утă улăм параççĕ, кунне икĕ хутчен ăшă шыв ĕçтереççĕ. Дояркăсем выльăх апатне малтанах лайăх хатĕрлеççĕ: улăма пăспа çемçетеççĕ, выльăх кăшманне çуса, вĕтетсе хураççĕ.

Халĕ, çанталăк сивĕ тăрать пулин те, фермăра яланхи пекех хĕрӳ ĕç пырать. Дояркăсем кашни сехетре тенĕ пекех ĕнесене тухса пăхаççĕ, вĕсен айĕнчи улăма силлесе, час-часах улăштарса тăраççĕ.

— Кăçал çанталăк сивĕ тăни чылай йывăрлăхсем кӳчĕ,—тет ферма заведующийĕ Семенов юлташ.—Çапах та эпир сĕт суса илессине чакармарăмăр. Чи сивĕ кунсем вăхăтĕнче те кашни ĕнерен, иртнĕ çулхи çак вăхăтрипе танлаштарсан, 3—4 литр сĕт ытларах суса илнĕ.

Дояркăсен хастарлăхĕ пысăк. Вĕсем партин XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне кашни ĕнерен 700 литртан кая мар сĕт суса илессишĕн кĕрешеççĕ.

Дояркăсем хушшинчи социализмла ăмăрту куллен-кун вăйланса пырать. Ульяна Семенова доярка иртнĕ уйăхра планпа пăхнинчен 235 литр сĕт нумайрах суса илнĕ. Рима Иванова—чи çамрăк дояркăсенчен пĕри. Вăл вăтам шкул пĕтернĕ хыççăн фермăра ĕçleme кăмăл тунă. Çамрăк доярка малта пыракансен опытне вĕренме тимлĕн тăрăшать.

— Кăçал эпĕ хам пăхакан кашни ĕнерен 1.500 литртан кая мар сĕт суса илетĕп,—тет вăл.

Крупская ячĕпе тăракан колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе чылай çулсем хушши кая юлса пынă. Халĕ колхоз ĕнесенчен сĕт суса илес тĕлĕшпе районта малта пыракан артельсенчен пĕри шутланать.

— Кашни ĕнерен 700 литр сĕт суса илни,—теççĕ дояркăсем,—партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе тунă пирĕн парне пулать.

(Хамăр корр.):

### Пахча çимĕç нумайрах туса илессишĕн

ТĂВАЙ. (Телефонпа). КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ӳстересси çинчен йышăннă постановленипе палланнă хыççăн, Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал çак культурăсене лартмалли лаптăка чылай ӳстерме палăртрĕç. Çĕрулми 25 гектар, вăл шутра 5 гектар ир пулса çитекен «Эпрон» сортлă çĕрулми лартаççĕ. Ир пулса çитекен çĕрулмине колхоз пĕтĕмпех государствăна сутма палăртать. Кашни гектартан вăтам шутпа 150 центнер çĕрулми пухса кĕртме йышăннă.

Колхоз кăçал пахча çимĕç лартмалли лаптăка 5 гектар ӳстерет. Пахча çимĕç калчисене парниксенче те ӳстереççĕ. Парниксенчи рамăсен шучĕ пинрен те иртмелле.

Çак кунсенче колхозниксем çĕрулми тата пахча çимĕçсем лартмалли участоксене тислĕк кăлараççĕ. Паянхи куна пурĕ 500 тонна ытла тислĕк кăларнă.

Н, ИЛЬИН.

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ

# Чăваш АССР-ĕн 1956 çулхи бюджечĕ тата Чăваш АССР-ĕн 1955 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен

### *Чăваш АССР Финанс министрĕ А. В. СОМОВ депутат тунă докладран*

Депутат юлташсем! Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш созыври виççĕмĕш сессийĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн историлле съезчĕ умĕн пулса иртет. Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне туллин кăмăлпа кĕтсе илчĕç. Çак историлле документра миллионшар совет çыннисен тĕп интересĕсемпе шухăш-кăмăлне палăртса хунă.

Директивăсен проектĕнче каланă тăрăх, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн тĕп задачисем вĕсем çаксем пулаççĕ: йывăр промышленноçа пуринчен ытларах аталантарнă, техникăна аталантарса пынă тата ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пынă никĕс çинче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн малалла аталантармалла, ялхуçалăх производствине хăвăрт вăйлатмалла, çавна май совет халăхĕн материальнăй пурнăçне чылай лайăхлатмалла тата культурине чылай ÿстермелле.

Пирĕн республикăри ĕççыннисем иртнĕ çулта производствăра çĕнĕ çитĕнÿсем турĕç. Республикăри промышленность, пĕтĕмĕшпе илсен, 1955 çулта валовой продукци туса кăлармалли плана 103 процент, вăл шутра Чăваш АССР-ĕнчи министерствăсемпе ведомствăсене пăхăнса тăракан предприятисем—105 процент тултарнă. 1955 çулта республикăри промышленность валовой продукци туса кăларасси, 1954 çулхипе танлаштарсан, 16 процент ÿснĕ.

Мĕнпур йышши хуçалăхсем енĕпе илсен, ялхуçалăх культурисем акса тăвакан çĕр лаптăкĕ 1954 çулхинчен 4 процент ÿснĕ. Техникăлла культурăсем, выльăх апачĕ тума каякан культурăсем тата çĕрулми лартса тăвакан çĕр лаптăкĕ 14.454 гектар ÿснĕ. Кукуруза 30 пин гектар çинче акнă. Колхозсем 1956 çулта пухса кĕртме кĕрхи тырăсем плана палăртнинчен 13 пин гектар ытларах акнă.

Халăхăн культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен предприятисем нумайланнă, вĕсем лайăхрах ĕçлеме пуçланă.

1955 çулта хуласемпе район центрĕсен благоустройстви валли 6.311 пин тенкĕ расходланă.

1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, çĕнĕрен 9 вăтам шкул уçнă, 8—10 классенче вĕренекенсем 667 çын хушăннă. Библиотекăсен хисепĕ ÿснĕ.

Чăваш АССР-ĕн 1955 çулхи бюджетне тупăшсем енĕпе—101,9 процент, расходсем енĕпе—102,1 процент пурнăçланă.

Вырăнти промышленноçпа топливо промышленность, апат çимĕç таварĕсен промышленность предприятийĕсем, промысла кооперацин артелĕсем тата суту-илÿ организацийĕсем бюджет енĕпе хăйсен обязательствисене иртерсе тултарнă. Кунпа пĕрлех хăшпĕр министерствăсемпе ведомствăсен производство планне тата продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли задание пурнăçламан. Çапла, Строительство материалĕсем туса кăларакан управление пăхăнса тăракан предприятисем производство программине 84,3 процент кăна пурнăçланă, плана палăртнинчен 2.188 пин тенкĕлĕх продукци сахалрах туса кăларнă. Çав предприятисенче производство хăвачĕсемпе япăх усă кураççĕ. Кирпĕч тумалли пресcем çулталăкра 2.549 сехет ĕçлемесĕр тăнă. Механизмсене тухăçлă ĕçлеттерменнине пула управлени предприятийĕсем ĕç тухăçлăхне ÿстермелле тата продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли задачисене пурнăçламан, брак нумай тунă.

Уйрăмах Куславккари известь заводĕнче ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ, ку енĕпе вăл плана 65,5 процент кăна тултарнă, Улатăрти кирпĕч завочĕ—70 процент тата Канашри кирпĕч завочĕ—78,5 процент çеç тултарнă.

Управление пăхăнса тăракан 7 предприятире продукцин хăйне ларакан хакĕ планпа палăртнинчен ытларах пулнă, таварлă продукцин хакĕ 11 процент ÿснĕ, çавна пула 1.100 пин тенкĕ ытла усăсăр тăкак тунă. Улатăрти, Канашри тата Шупашкарти кирпĕч завочĕсенче кашни пин кирпĕч туса кăларма топливо планран иртерсе расходланă. Çавăн пирки ĕнтĕ Строительство материалĕсем туса кăларакан управленийĕн завочĕсем план тăрăх 691 пин тенкĕ таса тупăш илес вырăнне 204 пин тенкĕ убыток тунă.

Коммунальнăй хуçалăх министерствин предприятийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Вĕсем производство планне тултарман. Чылай электростанцисенче электроэнерги нумай çухатнă, топливо ытлашши пĕтернĕ, заводсенчи пĕтĕмĕшле расходсем нумай тунă. Сăмахран, Атăл леш енчи электростанци 538,6 пин тенкĕлĕх топливо, хăйĕн пушисем валли 605,4 пин киловатт-сехет электроэнерги ытлашши расходланă, çакă вăл, укçа çине куçарса шутласан, 276,9 пин тенкĕлĕх пулать. Электростанци энерги парса тăнă чухне планран иртерсе 729,2 пин киловатт-сехет электроэнерги çухатнă, çавна май 318,8 пин тенкĕ усăсăр пĕтнĕ, станцири пĕтĕмĕшле расходсем енĕпе планран иртерсе 49,3 пин тенкĕ расходланă.

Çак тăкаксене пула Атăл леш енчи электростанци плана палăртнинчен 1.134.300 тенкĕ сахалтарах таса тупăш илнĕ, бюджет енĕпе хăйĕн обязательствине пурнăçламан.

Иртнĕ çулсенчи пекех, «Чăвашстрой» тресчĕ бюджета пĕр пус та укçа хывман.

1955 çулта республикăри финанс органĕсем халăхран тата колхозсенчен налогсем пухассине лайăхрах йĕркеленĕ. Налогсем пухмалли плана кашни кварталтах иртерсе тултарнă.

Анчах хăшпĕр районсенче налог пухассине начар йĕркеленĕ. Вĕсен шутне Вăрнар, Çĕмĕрле, Октябрьски, Шăмăршă, Шăхасан тата Тăвай районĕсем кĕреççĕ. Вăсенче налогсем енĕпе недоимкăсем 1954 çулхинчен чылай ÿснĕ. Улатăр тата Куславкка районĕсенче колхозсем тупăшран тÿлекен налога вăхăтра парса татман пирки недоимкăсем нумай пухăннă.

1955 çулхи бюджет тăрăх, государство заемĕ енĕпе пухнă укçа-тенкĕрен 39.760 пин тенкĕ уйăрма палăртнă, чăннипе илсен 37.771 пин тенкĕ кăна уйăрса хăварнă. Етĕрне, Шăмăршă, Сĕнтĕр, Октябрьски тата Пăрачкав районĕсенче хресченсем хушшинче заем укçи пухассине уйрăмах япăх йĕркеленĕ.

1956 çулхи бюджетра государство заемне сарнипе пухăнакан укçа-тенкĕрен Чăваш АССР бюджечĕ валли уйăрса паракан укçа хисепĕ, 1955 çулхипе танлаштарсан, 60,5 процент ÿсет.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн пĕрремĕш сессийĕнче (тăваттăмĕш созыв) Верховнăй Совет депутачĕсем Чăваш АССР Финанс министерствипе унăн вырăнти органĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртнăччĕ. Анчах çав çитменлĕхсене халĕ те пĕтĕмпех пĕтермен-ха.

Финанс министерствин, вырăнти финанс органĕсен хăйсен ĕçне малалла лайăхлатса пымалла, кашни кварталтах плана йăнăçлă тултарма, малтан палăртса хунă укçа-тенке вăхăтра пухса çитерме тăрăшмалла.

## Чăваш АССР-ĕн 1956 çулхи бюджечĕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă тăрăх, Чăваш АССР-ĕн 1956 çулхи бюджечĕ тупăшсемпе расходсем енĕпе 384.683 пин тенкĕ пулмалла, кунсăр пуçне бюджетра çулталăк вĕçленнĕ тĕле пĕр çултан тепĕр çула куçмалли укçа 15.700 пин тенкĕ юлмалла.

Бюджетăн пĕтĕм тупăшĕсен шутĕнче вырăнти сăлкуссенчен кĕмелли укçа 96.362 пин тенкĕ, е иртнĕ çулхинчен 20.121 пин тенкĕ нумайрах пулмалла.

Бюджета социализмла хуçалăхăн тупăшĕнчен илнипе пухăнмалли укçа хисепĕ 187,5 миллион тенкĕ, вăл шутра хуçалăх организацийĕсемпе предприятисен таса тупăшĕнчен—45,860 пин тенкĕ, пирĕн республикăра оборотран илекен налогран—94.657 пин тенкĕ кĕмелле, МТС-сен тупăшĕсенчен—8.400 пин тенкĕ, вăрман тупăшĕсенчен—10.400 пин тенкĕ, кооперацисен тата обществăлла организацисен хуçалăх органĕсен таса тупăшĕнчен илекен налогран—15.733 пин тенкĕ, хуçалăхăн ытти отраслĕсен тупăшĕсенчен — 12.450 пин тенкĕ кĕмелле.

Чăваш АССР Министрĕсен Советне пăхăнса тăракан хуçалăх организацийĕсемпе предприятисен таса тупăшĕ 50 миллион тенкĕ ытла пулмалла, çав шутран 16 миллион тенкĕ вĕсен хăйсен хуçалăхне малалла аталантарма тата сарма юлать.

Халăх хуçалăхĕн таса тупăшĕ ÿснĕ май бюджета кĕрекен укçа-тенкĕ хисепĕ те ÿсет. 1955 çулхи бюджет тăрăх тупăшсемпе ытти тÿлевсенчен халăх хуçалăхĕнчен 34 миллион тенкĕ уйăрса пама палăртнă пулсан, 1956 çулхи бюджет тăрăх вăл 48 миллиона яхăн пулмалла.

Таса тупăш илесен çапăн пек ÿсни вăл 1956 çулхи халăх хуçалăхĕн планĕ тăрăх производствăпа тавар çаврăнăшĕ пысăкланнинчен, промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакне йÿнетнинчен тата оборотри тăкаксем чакнинчен килет.

1955 çулта республикăри чылай предприятисем хăйсен производство планĕсене тултарман, перекетлĕх режимне çирĕп тытса пыман, хуçалăх расчечĕн принципĕсене тăтăшах пăснă, техникăпа туллин усă курман, рабочисен ĕçне тĕрĕс йĕркелемен, çавна пула ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана тултарман, продукцин хăйне ларакан хакне пысăклатнă. Çапла, Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствин предприятийĕсем производство программине, пĕтĕмĕшпе илсен, иртерсе тултарнă, анчах хăшпĕр предприятисем продукци туса кăлармалли плана тултарман, районсенчи 19 апат-çимĕç комбиначĕнчен 4-шĕ кăна программăна пурнăçланă. Çав министерствăн крахмал тресчĕ сахăр йышши продукцирен икĕ йышши продукци енĕпе кăна плана тултарнă.

Иртнĕ çулта Топливо промышленность управленийĕн предприятийĕсем производство планне 13 процент иртерсе тултарнă, планран иртерсе таса тупăш илнĕ. Çав вăхăтрах Управленин 12 предприятийĕнчен 5-шĕнче ĕç укçи тÿлесси ĕç тухăçлăхĕнчен ытларах ÿснĕ. Çапла, Чиаловски вăрманпромхозра ĕç тухăçлăхĕ кашни рабочи пуçне плана палăртнинчен 11,7 процент чакнă, ĕç укçи—54,9 процент ÿснĕ.

Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли резервсене усă курмаççĕ. Сăмахран, план тăрăх Кире вăрманпромхозĕнче механизмсемпе 5.000 кубометр йывăç турттармалла пулнă, тĕрĕссипе илсен 600 кубометр кăна турттарнă, çакă вăл плана палăртнинчен 12 процент кăна пулать, çав вăхăтрах кунта тракторсем ахалех тăнă, Вăрманпромхозăн йывăç хатĕрлессине механизацилеме кусса çÿрекен электростанци пулнă. Анчах ку станцие тухăçлă ĕçлеттермен, çавна пула йывăç хатĕрлессине механизацилемелли плана 50,2 процент кăна тултарнă.

Çак Управленин вăрманпромхозĕсем хуçалăхпа çыхăнман тăкаксемпе усăсăр ĕçсем тунă пирки плана палăртнинчен 221 пин тенкĕ çахалтарах илнĕ.

1956 çулта вырăнти суту-илÿ тата потребительсен коопераци енĕпе те тавар çаврăнăшне ÿстерме палăртнă. Çавна май суту-илÿ организацийĕсен тупăшĕнчен бюджета кĕрекен укçа-тенкĕ хисепĕ ÿсет.

Анчах республикăри суту-илÿ организацийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Вĕсем 1955 çулхи тавар çаврăнăш планне тултарман; вырăнти торгсем халăха таварсем плана палăртнинчен 15 миллион тенкĕлĕх, потребительсен кооперацийĕ—11 миллион тенкĕлĕх сахалрах сутнă.

Тавар çаврăнăш планне тултарса пыманнин тĕп сăлтавĕ вăл суту-илÿ организацийĕсем вырăнти хатĕрлев ĕçне кирлĕ пек йĕркелеменни пулать. Унсăр пуçне республикăри суту-илÿ организацийĕсем Вырăнти тата коопераци промышленноçĕ туса кăларакан изделисем халăха сутассине начар йĕркеленĕ.

Суту-илÿ организацийĕсем япаласемпе укçа-тенкĕне перекетлĕн тытмалла тăрăшмаççĕ. Вĕсем халĕ те хуçалăхпа çыхăнман тăкаксем нумай тăваççĕ.

Суту-илÿ министрĕн Гавриков юлташăн, Чăвашпотребсоюз правлени председателĕн Харитонов юлташăн суту-илÿ организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме халех мерăсем йышăнмалла, çапла вара тавар çаврăнăш планне йăнăçлă тултарма, бюджета кирлĕ чухлĕ укçа-тенкĕ парса тăма тăрăшмалла.

Туса кăларакан продукци пахалăхĕ хуçалăх организацийĕсен ĕçне кăтартса паракан тĕп палăрăсенчен пĕри пулать. Совет çыннисем паха таварсем туянасшăн. Анчах хăшпĕр предприятисемпе хуçалăх организацийĕсен руководителĕсем продукци пахалăхне лайăхлатма кирли çинчен манаççĕ. Çавăн пирки халăх валли стандартлă мар тата начар пахалăхлă продукци тăратаççĕ.

Министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсен хăйсене пăхăнса тăракан предприятисемпе хуçалăх организацийĕсен умне плана хисеп енĕпе кăна мар, пахалăх енĕпе те тултарма çирĕп требовани лартмалла.

Хуçалăх организацийĕсен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсем республикăри финанс органĕсем вĕсен ĕçне кирлĕ пек тĕрĕслесе тăманнинчен те килнĕ. Хăшпĕр районсенчи финанс органĕсем экономикăлла ĕçсене начар йĕркеленĕ, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли тата предприятисене тупăшлă ĕçлеттермелли резервсене çителĕксĕр палăртаççĕ. Финанс органĕсемпе Государство банкĕн органĕсем финанс дисциплинине пăснипе хирĕç тивĕçлипе кĕрешмеççĕ, тÿлевсене вăхăтра пухмаççĕ.

## Халăх хуçалăхне каякан укçа-тенкĕ

1956 çулта республикăри халăх хуçалăхне пĕтĕмпе 67,259 пин тенкĕ памалла, çав шутра бюджетран 42.733 пин тенкĕ, предприятисемпе хуçалăх организацисен хăйсен укçа-тенки 24.526 пин тенкĕ каять. 1955 çулхипе танлаштарсан халăх хуçалăхне 12.974 пин тенкĕ нумайрах укçа-тенкĕ памалла.

Хамăр республикăри тата районсенчи промышленноçа аталантарма 19.743 пин тенкĕ пама палăртнă, вăл шутра амортизацишĕн илекен таса тупăшран 14.504 пин тенкĕ. Пурăнмалли çурт-йĕр тăвас ĕç, коммунальнăй хуçалăх тата благоустройство ĕçĕсем валли 23.382 пин тенкĕ пама палăртнă, вăл 1955 çулхинчен 11.419 пин тенкĕ нумайрах пулать.

Ялхуçалăх учрежденийĕсене тытса тăма 8.594 пин тенкĕ, е иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 3.101 пин тенкĕ нумайрах уйăрса памалла. Çак укçа-тенкĕ вăл, тĕпрен илсен, Россия Федерацине пăхăнса тăракан учрежденисемпе хуçалăх предприятийĕсене вырăнти органсене пăхăнтарнипе пула ÿсет. Унсăр пуçне машина-трактор станцийĕсем ССР Союзĕн Государство бюджетĕнчен 74.286 пин тенкĕ илеççĕ. Çапла вара, ялхуçалăхне пĕтĕмпе 82.880 пин тенкĕ хывмалла.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене аталантарассишĕн, колхозсене хуçалăхпа организаци тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетсе пырассишĕн МТС-сен рольне ÿстерме палăртнă.

Юлашки çулсенче Чăваш АССР-ĕнчи машина-трактор станцийĕсем хăйсен ĕçне кăштах лайăхлатрĕç. 1955 çулта вĕсем 1954 çулхипе танлаштарсан 270.000 гектар чухлĕ нумайрах ĕç тунă. Çапах та МТС-сен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. 32 МТС-ран трактор ĕçĕсемпе тумалли ĕçсен планне 9 МТС кăна тултарнă. Нормăпа пăхнинчен ытларах горючи çунтарассине, тракторсем тата ялхуçалăх машинисем юсама укçа-тенкĕ ытлашши тăкакласcине халĕ те пĕтермен. 1955 çулта Сĕнтĕрвăрри МТС-ĕ машинăсем юсама плана пăхнинчен 125 пин тенкĕ, горючи туянма 17,5 пин тенкĕ ытларах расходланă. Çавна пула тракторсемпе тунă ĕçсен пĕр гектарĕн хăйне ларакан хакĕ 4 тенкĕ те 67 пус ÿснĕ. Пăрачкав МТС-ĕ плана пăхнинчен пĕтĕмпе 251,6 пин тенкĕ, вăл шутра машинăсем юсама 203,8 пин тенкĕ ытлашши расходланă. Муркаш МТС-ĕнче машинăсем юсама укçа нумай тăкакланипе пула тракторсемпе тунă ĕçсен пĕр гектарĕн хăйне ларакан хакĕ 4 тенкĕ те 14 пус ÿснĕ.

Ялхуçалăх министерствин тата МТС-сен директорĕсен мĕнпур техникăпа усă курас тесе татăклă мерăсем йышăнмалла тата тракторсемпе тăвакан ĕçсен планне тултармалла, перекетлĕх режимне çирĕп тытса пымалла, укçа-тенкĕ ытлашши тăкакласcине пĕтермелле, тракторсемпе тăвакан ĕçсен хăйне ларакан хакне йÿнетмелле тата тырпул тухăçлăхне ÿстермелле.

Иртнĕ çулхипе танлаштарсан пурăнмалли çурт-йĕрсем тума, коммунальнăй предприятисен ĕçне лайăхлатма тата хуласенчи благоустройство ĕçĕсем валли укçа-тенкĕ нумайрах уйăрса параççĕ. Çав укçа-тенкĕне тĕрĕс усă курма тăрăшмалла.

Республикăн халăх хуçалăхĕпе культурине малалла аталантарас тесен, 1956 çулта капитальнăй строительствăн пысăк программине пурнăçламалла, çĕнĕ фабрикăсем, заводсем, пурăнмалли çуртсем, йăлапа культура учрежденийĕсем нумай тумалла. 1956 çулхи капитальнăй строительство ĕçĕсем валли 23.445 пин тенкĕ е, 1955 çулхипе танлаштарсан, 6.550 пин тенкĕ нумайрах уйăрнă. Унсăр пуçне республика бюджетĕнчи расходсенче бюджетра тăракан учрежденисем валли инвентарь, оборудовани тата транспорт хатĕрĕсем туянма, çавăн пекех хуласенчи, рабочи поселоксенчи тата район центрĕсенчи благоустройство ĕçĕсене тума 9.869 пин тенкĕ уйăрнă.

Капитальнăй ĕçсем валли укçа-тенкĕ парса тăмалли тĕп сăлкуç вăл бюджетран паракан укçа-тенкĕ пулать. Çав ĕçсем валли бюджетра 19.865 пин тенкĕ палăртнă, вăл пĕтĕм ĕçсем тума каякан укçа-тенкĕн 84,7 проценчĕ пулать.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн иртнĕ сессийĕнче пирĕн вырăнти строительство организацийĕсен тата юсавпа строительство кантурĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртнăччĕ. Житăнпа ĕçсем ушăнмарĕç тесен те юрать. Строительство организацийĕсем халĕ те япăх ĕçлеççĕ. Акă, тĕслĕхрен, «Чăвашстрой» трестне илер. Вăл строительствăпа монтаж ĕçĕсен планне тултарнă пулин те, строительствăн уйрăм объекчĕсем тăрăх плана тултарман. Трест ĕç тухăçлăхне ÿстермелли тата строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне йÿнетмелли плана тултарман, çавна пула иртнĕ çулта планпа пăхнă чухлĕ 815 пин тенкĕ таса тупăш илес вырăнне 521 пин тенкĕ убыток тунă.

Улатăрти юсавпа строительство кантурĕ плана 97,2 процент кăна тултарнă, ĕçсен хакне 90 пин тенкĕ ÿстернĕ, çавна пула çулталăкне 109,8 пин тенкĕ убыток тунă. Канашри юсавпа строительство кантурĕн те пысăк убыткĕсем пур.

Юлашки вăхăтра Партипе Правительство строительство индустрине аталантарас тата строительство ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе питĕ кирлĕ решенисем йышăнчĕç. Вĕс . министерствăсемпе ведомствăсене капитальнăй ĕççене планлассине лайăхлатма, укçа-тенкĕпе тĕрĕс усă курма хушаççĕ. 1955 çулăн итогĕсем планлас тата строительство ĕçĕсем тăвас тĕлĕшпе халĕ те пысăк çитменлĕхсем пуррине кăтартса параççĕ. Пирĕн строительство объекчĕсене темиçешер çул хушши тăваççĕ. Сăмахран, Шупашкарти сăхăр заводне 1954 çултанпа тăваççĕ. Ăна тума 9.380 пин тенкĕ уйăрса панă. Завода иртнĕ çулта туса пĕтермелле пулнă. Анчах строительство ĕçĕсене 1.971 пин тенкĕлĕх кăна тунă. 1955 çулта 1.400 пин тенкĕрен 972 пин тенкипе çеç усă курнă.

Чăваш АССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствинче строительство ĕçĕсен планне начар пурнăçлаççĕ. Чăваш АССР Вырăнти промышленность министерствипе Строительство материалĕсен промышленноçĕн управленийĕ те капитальнăй строительство валли уйăрнă укçа-тенкĕпе çителĕксĕр усă кураççĕ, çавăн пекех коммунальнăй тата пурăнмалли çурт-йĕр строительстви те начар пырать. Чăваш АССР Министерствисен, ведомствăсен тата управленисен капитальнăй ĕçсене планлассине татăклăн лайăхлатмалла, çав ĕçсене тума паракан укçа-тенкĕпе тĕрĕс усă курмалла, укçа-тенкĕне строительствăн нумай объекчĕсене тунă çĕре сапаласа ямалла мар, заводсемпе предприятисене палăртнă сроксенче туса çитермелле.

## Социальнă-культурăлла ĕçсем валли каякан расходсем

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче шкулсем, культурăпа сутĕç тата медицина учрежденийĕсем тăвассине малалла сарса пырас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртнă.

Республикăн 1956 çулхи бюджетĕнче социальнă-культурăлла ĕçсем валли 211.696 пин тенкĕ уйăрса пама палăртнă, ку вăл иртнĕ çулхинчен 25.757,6 пин тенкĕ нумайрах.

Социальнă-культурăлла ĕçсем валли уйăрнă пĕтĕм укçа-тенкĕрен 198.633,6 пин тенкипе сутĕç валли расходламалла.

Ачасемпе çамрăксене воспитани парас ĕçе 135 миллион тенкĕ ытла, наукăпа искусствăна аталантарма тата вĕсем валли кадрсем хатĕрлеме 18.163 пин тенкĕ уйăрса пама палăртнă.

Ялсенче пурне те обязательнăй йĕркепе вунă çул вĕрентме куçасси çинчен калакан закона пурнăçа кĕртес тесен, сутĕç органĕсен шкул çулне çитнĕ пур ачасене вĕрентес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса иртермелле. Анчах çак ĕçре республикăра пысăк çитменлĕхсем пур.

1955—1956 вĕренÿ çулĕн пуçламăшĕнче I—VII-мĕш классенче 5.038 ача шкула çÿремен, вĕсенчен 4.053 ача ним сăлтавсăрах шкула пыман. Уйрăмах Улатăр, Канаш, Пăрачкав, Первомайски тата Тăвай районĕсенче шкула çÿремен ачасен хисепĕ пысăк. Çав ачасенчен пĕр пайĕ вĕренÿ çулĕн малтанхи çур çулĕнче шкула çÿреме пуçланă, тепĕр пайĕ вара халĕ те шкула çÿремест-ха.

Ачасем шкулта вĕренме пăрахнин тĕп сăлтавĕ вăл интернатсем çукки. Чылай районсенчи сутĕç пайĕсем интернатсене шкул ачисене йышăнма вăхăтра хатĕрлемен. Нумай çĕрте ачасене шкула лавсемпе леçсе хăварассине йĕркелемен.

Шкулсенче политехникăлла вĕрентĕве аталантарма, вĕрентÿпе хуçалăх оборудованийĕ туянма 1956 çулхи бюджетран 1.712 пин тенкĕ уйăрса пама палăртнă, ку вăл иртнĕ çулхинчен 900 пин тенкĕ нумайрах пулать.

Ача сачĕсем валли бюджетран 5.498 пин тенкĕ уйăрса памалла.

Унсăр пуçне пионерсен çурчĕсене, ачасен техникăлла станцийĕсене тата шкулпа çыхăннă ытти учрежденисене тытса тăма та нумай укçа-тенкĕ уйăрса пама палăртнă.

Кадрсем хатĕрлеме çулсеренех укçа-тенкĕ нумай параççĕ. 1956 çулхи бюджетра кадрсем хатĕрлеме иртнĕ çулхинчен 207 пин тенкĕ нумайрах укçа-тенкĕ уйăрса пама палăртнă.

Пирĕн правительство тăлăх ачасемшĕн куллен тăрăшать. Чăваш АССР бюджетĕнчен кăна ача çуртĕсене тытса тăма 1956 çулта 12.663 пин тенкĕ уйăрса памалла.

Пĕрмай аталанса пыракан нумай енлĕ колхоз производствине малалла çирĕплетсе пыма ялхуçалăх специалисчĕсем кирлĕ. Колхозсене агрономсем, зоотехниксем тата ытти ялхуçалăх специалисчĕсем парса тăрассине лайăхлатас шутпа РСФСР Министрĕсен Совечĕ пирĕн республика территорийĕнче вырнаçнă ялхуçалăх техникумĕсене Чăваш АССР Министрĕсен Советне пăхăнса тăмалла тунă. Çав техникумсене тытса тăма 4.990 пин тенкĕ уйăрса пама палăртнă.

Шкулпа ача çурчĕсене тата ытти сутĕç учрежденийĕсен çурчĕсене çĕнĕрен юсама 1956 çулта 7.615 пин тенкĕ памалла. Çав укçа-тенкĕпе тĕрĕс усă курни шкулсен нумай çурчĕсене çĕнĕ вĕренÿ çулне вăхăтра хатĕрлеме май парать.

Библиотекăсен, ялти клубсен тата культура çурчĕсен хисепĕ çултан-çулах ÿссе пырать. Республика бюджетĕнчен кăна çав учрежденисене тытса тăма 14.542 пин тенкĕ уйăрса пама палăртнă, ку вăл иртнĕ çулхинчен 776 пин тенкĕ ытларах пулать.

Сывлăх учрежденийĕсемпе ача яслисене тытса тăма тата сывлăха сыхлас тĕлĕшпе ытти ĕçсем тума бюджетран 106.923 пин тенкĕ е иртнĕ çулхинчен 16.052 пин тенкĕ ытларах уйăрса пама пăхнă. Сывлăх учрежденийĕсенче çĕнĕрен 385 койка, ача яслисенче—90 койка хушăнать, фельдшерпа акушер пункчĕсен хисепĕ 625 çити ÿсет, медицина учрежденийĕсенче çĕнĕрен 416 çын ĕçлемелле.

Чăваш АССР-ĕн 1956 çулхи бюджетĕнчен трахомăран сыватма 7 миллион тенкĕне яхăн уйăрса памалла, çав шутран 1.083 пин тенкине Сутĕç министерствине памалла.

Инвалидсен çурчĕсене тытса тăма, вăрçă инвалидсене пенси пама 1956 çулхи бюджетран 4.457 пин тенкĕ уйăрса пама пăхнă. Йĕпреçри инвалидсен çуртне туса пĕтерме палăртнă, уй валли 350 пин тенкĕ уйăрмалла.

Государство управленийĕн органĕсене тытса тăма 26 миллион та 11 пин тенкĕ пама палăртнă. Правительство йышăнни тăрăх, администраципе управлени расхочĕсен нормине кăштах чакарнă. Çакă вăл республикăри управлени аппарачĕн руководителĕсене, ĕççынни депутачĕсен район, хула, поселок тата ял Совечĕсен исполком председателĕсене укçа-тенкĕне расходланă чухне перекетлĕх режимне çирĕп тытса пыма хушать. Государство аппаратне малалла лайăхлатса тата йÿнетсе пырасси çинчен Партипе Правительство йышăннă решенисене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе республикăра хăшпĕр ĕçсем туса иртернĕ. Çавна пула халĕ республикăри предприятисемпе учрежденисенче тата организацисенче администраципе управлени работникĕсем малтанхинчен 908 çын сахалрах ĕçлет. Вĕсем çулталăкне 5.418 пин тенкĕ ĕç укçи илсе тăнă пулнă.

Анчах чылай предприятисемпе организацисен руководителĕсем халĕ те штатпа смета дисциплинине пăсаççĕ.

Чăвашпромсовет артелĕсенче, сăмахран, 81 çынна штатпа пăхмасăрах тытса тăнă, вĕсене ĕç укçи тÿлеме 127 пин тенкĕ расходланă, 15 çынна ĕç укçи ÿстерсе тÿлесе, 7,8 пин тенкĕ тăкакланă.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Топливо промышленность управленийĕн предприятийĕсенче (управлени начальникĕ Соколов юлташ) штатран ытлашши 31 çын ĕçленĕ, вĕсене çулталăкне ĕç укçи 49,1 пин тенкĕ тÿленĕ, 6 работника ĕç укçи ÿстерсе панă, çавăншăн 4,6 пин тенкĕ расходланă.

Районсемпе хуласен 1955 çулхи бюджечĕсенчен управление тытса тăма 185 пин тенкĕ ытлашши расходланă.

Управлени аппаратне тытса тăма укçа-тенкĕ ытлашши расходланине хирĕç татăклăнах кĕрешмелле, государство укçитенкине перекетлĕ тытмалла.

Финанс органĕсен руководителĕсен смета дисциплинине пăхăнса ĕçленине çирĕп тĕрĕслесе тăмалла, управление тытса тăма укçа-тенкĕ тĕрĕс расходлассишĕн ответлăха ÿстермелле.

## Районсемпе хуласен бюджечĕсем

Районсемпе хуласен 1956 çулхи бюджечĕсене тупăшсемпе расходсем тăрăх 292.217,4 пин тенкĕлĕх пулмалла туса Чăваш АССР Верховнăй Советне çирĕплетме тăратнă.

1955 çулхи бюджетсемпе танлаштарсан, районсемпе хуласен бюджечĕсем 30.461 пин тенкĕ, е 11,6 процент чухлĕ, ÿсеççĕ.

Республикăри районсен тата республикăна (АССР) пăхăнса тăракан хуласен бюджечĕсем çакăн чухлĕ пулмалла тесе çирĕплетме тăратнă (пиншер тенкĕпе): Улатăр районĕ—8,093,8; Элĕк районĕ—6.588,5; Вăрнар районĕ—10.300,3; Йĕпреç районĕ—9.563,3; Иштей районĕ—5.969,8; Калинино районĕ—6.280,2; Канаш районĕ—7.687,3; Куславкка районĕ—9.626,4; Комсомольски районĕ — 7.424,7; Красноармейски районĕ — 6.894,9; Хĕрлĕ Чутай районĕ—7.911,4; Кувакино районĕ—4.555,2; Сĕнтĕрвăрри районĕ—9.071,5; Муркаш районĕ — 5.430,3; Октябрьски районĕ—6.548,2; Первомайски районĕ—6.899,7; Пăрачкав районĕ—7.715,2; Советски районĕ — 5.823,3; Сĕнтĕр районĕ—6.038,8; Вăрмар районĕ—9.647,5; Çĕрпÿ районĕ—9.928,1; Шупашкар районĕ—6.793,1; Чкаловски районĕ—7.950,6; Чурачăк районĕ — 6.054,1; Шăмăршă районĕ—6.319,0; Шăхасан районĕ—7.114,7; Çĕмĕрле районĕ—14.203,8; Етĕрне районĕ—8.363,3; Елчĕк районĕ—8.269,1; Тăвай районĕ—6.813,6, Улатăр хули—18.181,7; Шупашкар хули—35.308,0; Канаш хули — 8.848,0.

Иртнĕ çулта районсемпе хуласен бюджечĕсене тупăшсем енĕпе 103,2 процент, расходсем енĕпе 102,3 процент пурнăçланă.

18 районта тата 3 хулара бюджета тупăшсем енĕпе те, расходсем енĕпе те тултарнă. Элĕк, Вăрнар, Йĕпреç, Иштей, Куславкка, Советски, Çĕмĕрле районĕсенче тата хуласенче пуринче те бюджета тупăшсем енĕпе иртерсе тултарнă.

Çав вăхăтрах Кувакино, Шăмăршă, Первомайски, Сĕнтĕр тата Çĕрпÿ райсовет исполкомĕсем бюджета тупăшсем енĕпе пур енĕпе те тултараймаст, çавна пула çав районсенче социальнă-культурăлла хăшпĕр ĕçсем валли укçа-тенкĕ уйăрса пама май килмен.

Чурачăк районĕ бюджета тупăшсем енĕпе 100,1 процент тултарнă, вырăнти тупăшсенчен килекен тÿлевсене (вĕренишĕн тÿленисĕр пуçне) пухмалли плана пур енĕпе те иртерсе тултарнă.

Районсемпе хуласен 1956 çулхи бюджечĕсенчен социальнă-культурăлла ĕçсем валли 247.426,9 пин тенкĕ уйăрса пама палăртнă, вăл шутра халăха вĕрентес ĕç валли—157.206,0 пин тенкĕ, сывлăха сыхлас ĕç валли 88.792,0 пин тенкĕ, социальнăй обеспечени валли—734 пин тенкĕ тата физкультурăпа спорт валли—695 пин тенкĕ расходламалла. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, социальнă-культурăлла ĕçсем валли районсемпе хуласен бюджечĕсенчен 21.835,9 пин тенкĕ ытларах укçа-тенкĕ каять.

Ĕççынни депутачĕсен район тата ял Совечĕсен исполкомĕсен уйăрса панă укçа-тенкĕпе пĕтĕмпех тата тĕрĕс усă курмалла.

Чăваш АССР-ĕн тăваттăмĕш созыври Верховнăй Совечĕн пĕрремĕш сессийĕнче депутатсем райсовет исполкомĕсене ял Совет бюджечĕсене пурнăçламаншăн хытă критиклерĕç. 1955 çулта ял Совечĕсен ĕçĕ кăштах лайăхланчĕ. 18 районта ял Совечĕсен бюджечĕсене тупăшсем енĕпе те, расходсем енĕпе те иртерсе тултарнă. Пĕтĕм республикипе илсен, ял Совечĕсен бюджечĕсене тупăшсем енĕпе 101,3 процент, расходсем енĕпе 101 процент тултарнă.

Анчах хăшпĕр районсенче çак ĕç халĕ те юлса пырать. Октябрьски, Тăвай тата ытти хăшпĕр районсенче ял Совечĕсен бюджечĕсене пурнăçламан. Йĕпреç районĕнче 11 ял Совечĕнчен бюджета 4 ял Совечĕ кăна тултарнă.

Депутат юлташсем! Чăваш АССР Верховнăй Советне çирĕплетме сĕннĕ Чăваш АССР бюджечĕ пĕтĕмпех республикăри ĕççыннисен интересĕсемпе килĕшсе тăрать.

Халăх хуçалăхĕн пысăк задачисене пурнăçлас тесен, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче производствăпа финанс ĕçне пур майсемпе те лайăхлатмалла.

Чăваш АССР-ĕнчи ĕççыннисем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне хуçалăхпа культура строительствин мĕнпур участокĕсенче çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарса янипе кĕтсе илеççĕ.

Иккĕленмелли çук, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнчи халăх хуçалăх планĕ тата Чăваш АССР-ĕн 1956 çулхи бюджечĕ йăнăçлă пурнăçланĕ, республикăри ĕççыннисем социализмла экономикăна малалла аталантарас ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тăвĕç.

# КПСС Чкаловски райкомĕн пленумĕ

КПСС Чкаловски райкомĕн пленумĕ «Районта идеологилле ĕçе мĕнле туса пыни тата ăна вăйлатмалли мерăсем çинчен» ыйтăва пăхса тухрĕ. Ку ыйтупа райкомăн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ С. Спиридонов юлташ, Политикăлла тата наукăлла пĕлÿсем саракан обществăн районти уйрăмĕн правлени председателĕ В. Соколов юлташ докладсем туса пачĕç.

Докладчик С. Спиридонов юлташ пăрахчи вĕренÿ çулĕнче районта коммунистсемпе кадрсен политикăлла вĕренĕвне халиччен пулнинчен лайăхрах йĕркеленине палăртрĕ. Предприятисемпе колхозсенчи тата учрежденисенчи пуçламăш парторганизацисем çумĕнче 25 кружок, район центрĕнче—каçхи партшкул, теорилле тăватă семинар ĕçлессĕ, вĕсенче 340 çын вĕренет. Коммунистсемпе кадрсен вĕренĕвне МТС-ра, «Герой», «Маяк» тата «Кзыл-Юлдуз» колхозсенче лайăх йĕркеленĕ. МТС-ри коммунистсем КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕн материалĕсене творчествăлла вĕренеççĕ, кружокра тунă пĕлÿсемпе ĕçре усă кураççĕ.

Пленумра тухса калакансем политикăлла вĕренÿри чылай çитменлĕхсене палăртрĕç. Жданов ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци çумĕнчи кружокра (пропагандист Ә. Ахметов юлташ) коммунистсен вĕренĕвне пурнăçпа тата производствăпа пачă çыхăнтарса туса пымаççĕ.

Районти коммунистсемпе кадрсен пысăк пайĕ марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренме кăмăл тунă. КПСС райкомĕ çумĕнчи лекторсен ушкăнĕ вĕсем валли çителĕклĕ таран лекцисем ирттермест.

Çак çитменлĕхсем вĕсем КПСС райкомĕ тата унăн пропагандăпа агитаци пайĕ идеологилле ĕçе начар ертсе пынинчен, парти вĕренĕвĕн идейăлла содержанине куллен тĕрĕслесе тăманнинчен килеççĕ. Пропагандăпа агитаци пайĕн работникĕсем миçе занятии, лекци е доклад ирттернине шута илнипе çеç çырлахса лараççĕ. Ленин ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан, «Путь Ленина» колхозсенчи, райуполминзаг çантурĕнчи, вăрманпромхозри тата Патăрьел больницинчи парторганизацисем коммунистсен вĕренĕвне лайăхлатас ыйтусене парти пухăвĕсенче сÿтсе явмаççĕ.

Колхозсенчи ертсе пыракан работниксене ялхуçалăх экономикине вĕрентессине начар йĕркеленĕ. Ку тĕллеşпе тунă семинар занятийĕсем йĕркеллĕ пуçланман, семинар руководителĕ А. Романов юлташ ĕçре активлăх кăтартмасть.

Лекцилле пропагандăна йĕркелес ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Лекцисене ытларах район центрĕнче вулаççĕ, çав вăхăтрах Кзыл Чишмере, Хирти Пикшикре тата ытти хăшпĕр ялсенче райкомăн лекторĕсем пулмаççĕ.

Парти вĕренĕвĕн пахалăхĕ пропагандистсенчен нумай килет. Анчах КПСС райкомĕ пропагандистсен ĕçне çителĕксĕр ертсе пырать, уйрăмах çамрăк пропагандистсене ĕçре вăхăтра пулăшмасть. Пропагандистсен семинарĕсене ячĕшĕн кăна ирттереççĕ.

Пленум çавăн пекех комсомолецсемпе çамрăксен политикăлла вĕренĕвне йĕркелес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕ. ВЛКСМ райкомĕн секретарĕсем В. Красновăпа В. Хохлова юлташсем çак кирлĕ ĕç çине тимлĕн пăхмаççĕ. Краснов юлташ, пленумра сăмах илсе, комсомол вĕренĕвне интересленмен парторганизаци секретарĕсене тĕрĕс критиклерĕ, анчах ВЛКСМ райкомĕ ку тĕллĕшпе мĕн туни çинчен пĕр сăмах та каламарĕ.

Пленум ĕçĕнче ялти массăлла-политикăлла ĕçĕн ыйтăвĕсем пысăк вырăн йышăнчĕç. Районта массăлла-политикăлла ĕçе хальхи вăхăт хушнă пек туса пыма вăйсем çителĕклĕ. Çирĕм агитколлектив 650 агитатора пĕтĕçтерсе тăрать. МТС-ра тата çирĕм ялта лекторсен 15 ушкăнĕ ĕçлет.

Пуçламăш парторганизацисем массăлла-политикăлла ĕçе куллен ертсе пынă çĕрте унăн результачĕсем те пур. Пленумра Туçари, Çĕнĕ Ахпÿртри, «Путь Ленина», Киров ячĕпе, Молотов ячĕпе тăракан колхозсенчи агитаторсем лайăх ĕçленине асăнчĕç. Çав вăхăтрах «Первомайск», «Пламя Октября», «Правда» тата «Маяк» колхозсенчи парторганизацисем çумĕнчи агитколлективсем агитацилле ĕçе пурнăçпа, хуçалăхри задачăсемпе çыхăнтарса туса пымаççĕ. Асăннă колхозсем çуракине хатĕрленес ĕçре юлса пынине ял ĕçченĕсем хушшинче политикăлла агитацие çителĕксĕр йĕркеленипе кăна ăнлантарса пама пулать.

Политикăлла агитацие вăйлатас ĕçре районти ертсе пыракан работниксен хăйсен пуçарулăх кăтартмалла. Анчах райсовет исполкомĕн пайĕсен заведующийĕсем В. Атнашкинпа Д. Енилин тата исполком секретарĕ А. Батуева юлташсем ĕçсыннисем хушшинче тухса каласма юратмаççĕ. Массăлла-политикăлла ĕçе медицина работникĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем те çителĕксĕр хутшăнаççĕ.

Ялти культурăпа çутĕç учрежденийĕсенчен чылайăшне массăлла-политикăлла ĕçĕн центрĕсем туса хуман. Кишикри, Çĕнĕ Ахпÿртри тата Анат Туçари клубсенче нимĕнле культурăлла-массăлла ĕçсем те ирттермеççĕ. Райисполкомăн культура пайĕ хăйне пăхăнса тăракан учрежденисен ĕçпе интĕ начар ертсе пырать.

Политикăлла тата наукăлла пĕлÿсем саракан обществăн районти уйрăмĕ лекцисем вуламалли плана пурнăçламасть. Уйрăмах ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх тата тĕн сиенĕ çинчен лекцисем сахал вулаççĕ. Общество членĕ П. Сорокин юлташ икĕ çул хушшинче пĕр лекци те вуласа паман.

Прениере тухса калакан И. Мешков, К. Юлдашев тата ытти юлташсем, идеологилле ĕçри çитменлĕхсене критиклениpe пĕрлех, вĕсене пĕтермелли майсем çинчен каларĕç.

Пленум сÿтсе явнă ыйту тăрăх идеологилле ĕçе малашне вăйлатмалли мерăсем палăртса решени йышăнчĕ, организацилле ыйтусем пăхса тухрĕ. Райкомăн МТС енĕпе ĕçлекен секретарьне А. Романов юлташа, ялхуçалăх артелĕн Уставне пăспăшăн, хăйне критиклекенсене тавăрма хăтланнăшăн тата пленумра хăйне тĕрĕс мар тытнăшăн ĕçрен хăтарчĕç.

Райкомăн иккĕмĕш секретарĕ пулма М. Задорова юлташа, МТС енĕпе ĕçлекен секретарĕ пулма С. Спиридонов юлташа суйланă.

**Т. ИВАНОВ.**
(«Коммунизм ялавĕ» корр.).

## Кружок хăçан ĕçлеме тытăнать?

Сĕрпÿ районĕнчи «Красный этновец» колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнче КПСС историне вĕренмелли кружок организациленĕ. Вĕренÿ çулĕ пуçланнăранпа вăхăт нумай иртрĕ пулин те, кружок халĕ те ĕçлеме тытăнман. Кружок руководителĕ пуçламăш шкулта ĕçлекен учитель В. Сергеев юлташ ку таранччен пĕр заняти те ирттермерĕ. Пуçламăш парторганизаци секретарĕ Ф. Никитин юлташ та кружок ĕçне йĕркелесе яма тăрăшмасть.

Кружок хăçан ĕçлеме тытăнать-ши?

**М. ПЕТРОВ.**

# Уй-хире тислĕкпе торф кăларас тата минераллă удобренисем хатĕрлес ĕçсене хăвăртлатар

### Республикăри МТС-сем 1956 çулхи январь уйăхĕнче уя тислĕк, торф тата минераллă удобренисем мĕн чухлĕ кăларнине кăтартни

| МТС-сем | Сухалакан çĕрĕн кашни гектарĕ пуçне тислĕк кăларнă (тоннăпа) | Сухалакан çĕрĕн кашни гектарĕ пуçне торф кăларнă (тоннăпа) | 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕ хушшинче сухалакан çĕрĕн кашни гектарĕ пуçне минераллă удобренисем хатĕрленĕ (центнерпа) |
|---|---|---|---|
| 1. Çĕмĕрле | 1,5 | 0,07 | 0,29 |
| 2. Вăрнар | 0,4 | — | 0,51 |
| 3. Красноармейски | 0,4 | 0,27 | 0,22 |
| 4. Муркаш | 0,4 | — | 0,01 |
| 5. Сĕнтĕр | 0,4 | 0,02 | 0,02 |
| 6. Сĕрпÿ | 0,4 | 0,03 | 0,23 |
| 7. Канаш | 0,3 | — | 0,26 |
| 8. Сĕнтĕрвăрри | 0,3 | — | 0,02 |
| 9. Чкаловски | 0,3 | — | 0,06 |
| 10. Шăхасан | 0,3 | — | 0,19 |
| 11. Тăвай | 0,3 | — | 0,07 |
| 12. Улатăр | 0,2 | — | 0,14 |
| 13. Ишлей | 0,2 | — | 0,24 |
| 14. Калинино | 0,2 | 0,11 | 0,16 |
| 15. Комсомольски | 0,2 | — | 0,18 |
| 16. Первомайски | 0,2 | 0,02 | 0,02 |
| 17. Советски | 0,2 | 0,06 | 0,03 |
| 18. Вăрмар | 0,2 | — | 0,28 |
| 19. Етĕрне | 0,2 | 0,05 | 0,12 |
| 20. Куславкка | 0,2 | — | — |
| 21. Элĕк | 0,18 | — | 0,06 |
| 22. Шупашкар | 0,16 | — | 0,21 |
| 23. Йĕпреç | 0,1 | — | 0,18 |
| 24. Елчĕк | 0,1 | — | 0,19 |
| 25. Пăрачкав | 0,09 | — | — |
| 26. Октябрьски | 0,08 | — | 0,06 |
| 27. Кувакино | 0,07 | — | — |
| 28. Шăмăршă | 0,07 | — | — |
| 29. Хĕрлĕ Чутай | 0,05 | — | 0,02 |
| 30. Сурмайдан | 0,02 | — | — |
| 31. Сиява | 0,01 | — | — |
| 32. Чурачăк | | — | 0,19 |

* * *

Ялхуçалăх ĕçченĕсем КПСС XX-мĕш съездне ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илме тăрăшаççĕ, çавна май вĕсем çуракине хатĕрленес ĕçе кунтан-кун вăйлатса пыраççĕ. Хальхи вăхăтра вăрлăх тасатса хатĕрлесси, хире тислĕк кăларасси тата хĕллехи ытти агротехникăлла мероприятисене пурнăçласси уйрăмах пысăк вырăн йышăнать. Ку енĕпе кăçал Çĕмĕрле, Вăрнар тата Красноармейски районĕсем лайăхрах ĕçленине палăртмалла. Çак районсем республикăри ытти районсенчен хире тислĕк, торф тата минераллă удобренисем чылай нумайрах кăларчĕç.

Анчах уя тислĕкпе торф кăларас тата минераллă удобренисем хатĕрлес ĕçсем Кувакино, Пăрачкав, Хĕрлĕ Чутай тата Шăмăршă районĕсенчи колхозсенче тÿсме çук начар пыраççĕ-ха. Чурачăк районĕнчи колхозсенче вара хире удобренисем кăларма тытăнманпа пĕрех. Пăрачкав, Октябрьски, Кувакино, Шăмăршă тата Хĕрлĕ Чутай районĕсенчи колхозсем сухалакан çĕрĕн кашни гектарĕ пуçне вăтам шутпа 0,1 тоннăна яхăн кăна тислĕк кăларнă, торф кăларас тата удобренисем хатĕрлес ĕçсене тытăнман та.

Удобренисем хатĕрлесси начар пыни, чи малтан, маларах асăннă районсен тата вĕсенчи колхозсен руководителĕсем çак кирлĕ ĕç çине çителĕксĕр пăхнинчен килет.

Удобренисем хатĕрлес тата ăна уй-хире кăларас енĕпе февраль уйăхĕнче уйрăмах хытă тăрăшмалла. Колхоз правленийĕсен кашни уй-хир бригадипе хире удобренисем кăлармалли задани памалла, кун çинчен кашни колхозник пĕлсе тăтăр. Кашни колхозрах тислĕк кăларас енĕпе ĕçлеме лашасем тата çынсем уйăрмалла, кулленхи ĕç итогĕсене кашни кун туса пымалла, ăна кăтарту хăми çине çырса хумалла.

Малта пыракан колхозсен опычĕпе усă курса, хĕллехи вăхăтра уя тислĕкпе торф тата ытти удобренисем нумайрах кăларассишĕн, çуракине кăтартуллăн хатĕрленсе çитессишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарар!

## Районсенчи хаçатсен страницисем тăрăх

### КОЛХОЗРИ ХИСЕП ХĂМИ

«Вăйлă ырпулăшăн» хаçат (Шăхасан районĕ) Киров ячĕпе тăракан колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци ялхуçалăхĕнче малта пыракансене палăртма Хисеп хăми туни çинчен пĕлтерет.

1955 ялхуçалăх çулĕн итогĕсем тăрăх Хисеп хăми çине 15 колхозникăн ячĕсене кĕртнĕ. Вĕсем хушшинче—440 ĕçкунĕ тунă П. Николаев колхозник, ĕне фермин заведующийĕ пулса 9 çул ĕçлекен С. Касьянов тата ыттисем те.

### «ЭСИР ТЕ ПИРĔН ПЕК ĔÇЛЕМЕ ТĂРĂШĂР»

Вăрмар районĕнчи «Хĕрлĕ Ялав» хаçат çакăн пек заголовокпа Ленин ячĕпе тăракан колхозри выльăх-чĕрлĕх пăхакансен сырăвне пичетленĕ. Ку колхозри дояркăсемпе свинаркăсем, Сĕрпÿ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх работникĕсен мĕнĕвне сÿтсе явнă хыççăн, пысăк обязательствăсем илнĕ, халĕ хăйсен сăмахне ăнăçлăн пурнăçласа пыраççĕ. Тĕслĕхрен, январĕн пĕррĕмĕш вунăкунлăхĕнче колхозра кашни ĕнерен 40,3 килограмм сĕт суса илнĕ пулсан, иккĕмĕш вунăкунлăхра 48,7 килограмм суса илнĕ. Ку вăл, паллах ĕнесене лайăх пăхнинчен килнĕ. Талăкра кунта кашни ĕнене 0,5 килограмм концентратлă апат, утă, сĕлĕ улăмĕ, ыраш улăмĕ, 20 килограмм кукуруза силосĕ, 5 килограмм кăшман, 5 килограмм çĕрулми çитереççĕ. Ыраш улăмне выльăхсене вĕтетсе, пăспа çемçетсе тата çăнăхпа сапса параççĕ. Ĕнесене минераллă апатсем тăтăшах парса тăраççĕ, куна 3 хут ăшă шывпа шăвараççĕ, вăхăтра усăлма кăлараççĕ.

# Первомайски вăрманпромхоз юлса пынине пĕтермелле

Первомайски вăрманпромхозра ПЭС-12-200 маркăллă куçса çÿрекен электростанцисем çиччĕ. Вĕсенчен пиллĕкĕшĕ участоксенче ĕçлеççĕ. Кашни электростанци паракан энерги вăйĕпе пĕр харăс 5—6 электропăчкă ĕçлеме пултарать, анчах кунта икшер пăчкăран ытла ĕçлемест. Кашни электростанци пуçне 36—38 рабочи кирлĕ. Анчах кунта 20—22 çын кăна ĕçлет. Мотористсен ĕçне тивĕçлипе йĕркелемен. Вĕсем ĕçе кая юлса тухаççĕ, ĕç вăхăчĕн çуррипе ытла юр тасатса ирттереççĕ. Механизаторсен ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ, кашни электропăчкă пуçне вăтам шутпа 14 кубометртан мала касаймаççĕ.

Участоксенче технологи схеми тăрăх ĕçлемеççĕ. Мастерсем йывăç склачĕсене ăçта тумаллине малтанах палăртса хумаççĕ, каснă йывăçа КТ-12 тракторсемпе илсе тухма çул хатĕрлемеççĕ. Малашлăха курмасăр ĕçлени механизмсене тĕрĕс вырнаçтарма чăрмантарать. КТ-12 тракторсем час-часах çĕмĕрĕлеççĕ, ăçта май килнĕ унта пăрахса тухнă йывăç куписем патне автокрансем лартма май çук. Ахальтен мар ĕнтĕ кунта трактористсемпе крановщиксем сменăри задание 50 процент çеç тултараççĕ.

Иртнĕ çулта вăрманпромхоз турат ирттерелли 30 электропăчкă туянă. Турат ирттессине механизацилени ĕç тухăçлăхне 3—4 хут ÿстерме пулăшать. Çакна вăрманпромхоз руководителĕсем тивĕçлипе хакламан, вĕсем рабочисене çĕнĕ механизмсемпе усă курма вĕрентмен. Вăтăр пăчкăран вунçиччĕшĕ юрăхсăра тухнă, ыттисем складсенче усăсăр выртаççĕ.

Анатри складра йывăçсене сыпăлама уйрăм секци тунă. Анчах унпа туллин усă кураççĕ теме çук. Йывăç çителĕксĕр кÿрсе килнипе электропăчкăсем час-часах ахаль тăраççĕ.

— Смена хушшинче пирĕн 130 кубометр йывăç сыпăламалла,— тет Шайдуллов бригадир.— Эпир заданин виççĕмĕш пайне çеç пурнăçлатпăр.

Секци ĕçĕпе вăрманпромхоз дирекцийĕ сахал интересленет. Мотористсене йывăçа тĕрĕс сыпăлама вĕрентмеççĕ. Çавăн пирки пăрахăçа тухнă йывăçсем нумай пулаççĕ.

Анатри складра пыракан чугун çул çинче кашни кунах 6—7 вагон пушă тăнине курма пулать. Вĕсене вăхăтра тиеме механизмсемпе ĕç вăйĕ çителĕклĕ. Кунта ĕçе пĕлсе тата тĕрĕс йĕркелени çеç кирлĕ. Калас пулать, халлĕхе вăрманпромхоз дирекцийĕ çак ыйтăва манăçа хăварнă. Пĕренесене нумайăшне алă вĕççĕн тиеççĕ, мĕншĕн тесен пĕр автокран çеç лартнă. Вăрманпромхозра автокрансем çук мар. Анчах вĕсенчен чылайăшĕ автопаркра тата участоксенче усăсăр лараççĕ.

Складри йывăçсене сортласа купаламан. Тепĕр чухне ăçтан мĕнле йывăç тиемеллине те пĕлмеççĕ.

Ирхине 10 сехет тĕлне диспетчерски умне 15—20 машина пухăнать. Кунта вĕсем мĕн кăнтăрла çитиччене лараççĕ.

— Çул çук, теççĕ шоферсем.

Апă ăçта ĕнтĕ вăл участоксенчи йывăç склачĕсене ăçта май килнĕ унта сапаласа тухнин инкекĕ! Тракторсем йывăç куписем патне çул уçма ĕлкĕреймеççĕ.

— Тури складсенче 300—500 кубометр йывăç выртнă пулсан сменăра кашни машинăпа ик-виçĕ рейс тума пулатчĕ,— тет Федоров диспетчер.

Вăрманпромхоз директорĕ Ф. Васильев юлташ каланă тăрăх, участоксенче 13 пин кубометр ытла каснă йывăç пур. Анчах ăçта сапаланса выртаççĕ вĕсем?

— Юр айне пулнă,— тет Васильев юлташ.

Шоферсем вăрмана кайсан 5—6 сехет хушши йывăç тыраса çÿреççĕ. Вĕсем ĕç вăхăтне усăсăр сухатаççĕ тата горючи нумай расходлаççĕ. Акă пĕр тĕслĕх: январĕн 18-мĕшĕнче Шайдуллов шофер смена хушшинче пурĕ те 3,5 кубометр çеç кÿрсе килнĕ. Пĕр рейсра вăл 160 килограмм горючи пĕтернĕ. Январĕн 19-мĕшĕнче Комсомольски вăрман пунктне 10 машина кайнă, вĕсенчен сурри пушă таврăннă.

Автопарк вăрман турттарма куллен 20—23 машина кăларать. Вĕсем смена хушшинче вăтам шутпа 60—70 кубометртан мала йывăç кÿреймеççĕ.

Вăрманпромхоз механизмсемпе туллин усă курман пирки 1955 çулта кашни кубометр йывăçăн хăйпе ларакан хакĕ планпа пăхнинчен 20 процент ÿснĕ.

Вăрманпромхоз руководителĕсем малта пыракан ĕç меслечĕсене вĕренес тата производствăна кĕртес тĕлĕшпе сахал мар решенисем йышăннă, приказсем çырнă. Çапла, сăмахран, 1955 çулта Орловпа Желудкин мастĕрсем ертсе пыракан участоксене цикл графикĕ тăрăх ĕçлеме куçарасси çинчен вăрманпромхоз директорĕ ик-виçĕ приказ çырнă. Производство пайĕнче технологи схемисем хатĕрленĕ, комплексла бригадăсем тума палăртнă. Анчах пуçăннă ĕçе вĕçне çитермен. Хут çинчи решенисемпе приказсем часах манăçа юлнă, комплексла бригадăсем саланса кайнă, цикл графикĕ тăрăх ĕçлесси пĕтсе ларнă.

Вăрманпромхоз директорĕ Васильев, главнăй инженерĕ Усов, партбюро секретарĕ Степанов тата рабочком председателĕ Толкачев юлташсем малта пыракансен опытне вĕренесси çине сÿрĕккĕн пăхаççĕ. Вĕсем халĕ те кивĕлле ĕç меслечĕсенчен хăтăлса çитмен.

Вăрманпромхоз руководителĕсем çĕннине асăрхами пулнă, рабочисен çĕнĕвне шута илмеççĕ. Кунта тÿрĕ кăмăлпа ĕçлекен тата хăйсен ĕçĕнче пуян опыт пухнă шоферсем, крановщиксем, мотористсем сахал мар. Тĕслĕхрен, Кулагин, Линьков крановщиксем сменăри задание 140—150 процент таран пурнăçлаççĕ. Александров тракторист КТ-12 тракторпа смена хушшинче 60—70 кубометр йывăç илсе тухать. Рыбкин моторист нормăна тăтăшах ирттерсе тултарать. Анчах вĕсен пахă опытне сармаççĕ.

Вăрманпромхозăн главнăй инженерĕ Усов юлташ новаторсене палламасть, рабочисем хушшинче сайра пулать, вĕсемпе тачă çыхăну тытмасть.

Иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнчен пуçласа Комсомольски тата Кивĕ Эйпеç вăрман пункчĕсем каснă йывăçа сыпăламасăр турттарма тытăннă. Çак меслетпе ĕçлени автомашинăсен тухăçлăхне 3 хут ытла ÿстерме май панă. Вăрманпромхоз руководителĕсем малта пыракан опытăн усси пысăк пулнине хăйсен куçĕпе курса ĕнеççĕ. Апла пулин те ăна производствăна кĕртме васкамаççĕ. Автопарк йывăçа сыпăламасăр турттарма хатĕрленсе çитмен.

Малта пыракансен опытне вĕренни тата производствăна анлăн кĕртсе пыни умри задачăсене ăнăçлă татса пама пулăшать. Вăрманпромхоз коллективĕ пысăк. Вăрман ĕçĕнче пуян опыт пухнă специалистсем, техникăна лайăх пĕлекен кадрсем пур, механизмсем çителĕклĕ, вĕсене пĕлсе ертсе пыни тата резервсемпе туллин усă курни çеç кирлĕ.

**В. КУЗНЕЦОВ.**

# Пĕтĕм вăя—ялхуçалăхне хăвăтлăн аталантарма

**Д. КИРПИЧЕВ,**
КПСС Çĕрпÿ райкомĕн секретарĕ, КПСС XX-мĕш съездĕн делегачĕ.

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне, пур çĕрти пекех, Сĕрпÿ районĕнчи ĕççыннисем те политикăлла пысăк активлăхпа сÿтсе яваççĕ. Предприятисемпе колхозсенче нумай сынлă пухусем пулса иртрĕç. Рабочисемпе колхозниксем тата интеллигенци иртнĕ пилĕкçуллăхри ĕçсен итогĕсене тишкерсе тухаççĕ, çĕнĕ пилĕкçуллăхра районти промышленноçпа ялхуçалăхне, культура строительствине аталантармалли майсене тупса палăртаççĕ, нумай сĕнÿсем параççĕ.

Директивăсен проектне сÿтсе явса, предприятисемпе артельсен коллективĕсем 1956—1960 çулсенче производствăна малалла вăйлатма, продукци туса кăларассине чылай ÿстерме палăртаççĕ. Ку тĕлĕшпе çĕнĕ пилĕкçуллăхра районта палăлă ĕçсем туса ирттермелле. Кăçал Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнчен электроэнерги парса пирĕн района талкишпех электрификацилеççĕ. Çакă вăл вырăнти промышленность предприятийĕсенчи тата колхозсенчи нумай ĕçсене механизацилеме, çавна май ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерме пулăшĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра пирĕн район талкишпех радиофикациленĕ район пулса тăрать тата пур колхозсене те телефон кĕртсе çитереççĕ.

Ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе иртнĕ пилĕкçуллăхра районта хăшпĕр çитĕнÿсем тунă. МТС-ри тракторсен паркĕ икĕ хут ÿснĕ май 1955 çулта уй-хирти мĕнпур ĕçсенчен 82,8 процентне механизацинĕ. Колхозсем организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕрекленнĕ. Çĕрĕç культурине лайăхлатса пынипе пула тĕштырă туса илесси иртнĕ çулта 1950 çулхинчен 23 процент, нумай çул ÿсекен курăксен пĕтĕм тухăçĕ икĕ хут çурă ÿснĕ. Районти колхозсем иртнĕ çулта 993 гектар çĕр çине кукуруза акрĕç. Ăна пăхса ÿстерес тата пухса кĕртес ĕçре хăшпĕр йăнăшсем пулчĕç пулин те, çак паха культура чылай артельсене пысăк усă пачĕ. Выльăх апачĕн никĕсне тĕреклетсе пыни ĕнесенчен сĕт суса илессине 3 хут ÿстерме май пачĕ, сыснасем самăртса аш-какай тăвасси 12 хут ÿсрĕ.

Анчах эпир хамăрăн ĕçе КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти тата январьти Пленумĕсем ялхуçалăх отраслĕсене аталантарас тĕлĕшпе панă заданисемпе танлаштарса пăхатпăр та районти колхозсем иртнĕ пилĕкçуллăхра тунă ÿсĕмсем нихăш енчен те çителĕклĕ маррине куратпăр. Усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне ялхуçалăх продукчĕсем, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, туса илес тĕлĕшпе район юлса пырать-ха. Сăмахран, сăвакан кашни ĕнерен иртнĕ хуçалăх çулĕнче 1.943 килограмм сĕт суса илнĕ, çакă вăл кашни 100 гектар çĕр пуçне 52 центнер çеç суса илнине пĕлтерет. Çавăнпа та халĕ парти райкомĕпе райисполком, пуçламăш парторганизацисемпе колхоз правленийĕсем кашни колхозрах тĕштырăпа ытти симĕçсем, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине çитес сывăх çулсенче тататăклăнах ÿстерес тĕлĕшпе практикăлла мероприятисем туса хатĕрлеççĕ. Мĕнле ĕçсем туса ирттерме палăртатпăр-ха эпир?

Пирĕн патăрти условисенче тĕштырă тата выльăх апатне лайăх культурăсем нумайрах туса илмелли чи лайăх майсенчен пĕри вăл—çĕрĕç культурине лайăхлатни, мĕнпур çĕр лаптăкĕ çинчи тăпра пахалăхне лайăхлатса пыни, çĕртме пуссисемпе анлăн усă курни пулать. Хрущев ячĕпе тăракан, «Новая жизнь», «Сталинцы» колхозсем çĕртме пуссисенче пĕр çулхи культурăсем акса тунипе выльăх апачĕн никĕсне нумай тĕреклетрĕç, çавна май выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне чылай ÿстерчĕç.

Директивăсен проектне сÿтсе явнă май, районти колхозсенче улттăмĕш пилĕкçуллăхра уй-хирти пусă çаврăнăшĕнчи çĕртме пуссисене пĕтĕмпех йышăнма, вĕсенче пăрçа, вика тата ытти культурăсем акса тума, кăçал кукуруза акса тумалли лаптăка 3 пин гектара çити пысăклатма палăртаççĕ. Çавăн пекех эпир çĕнĕ пилĕкçуллăхра колхозсен уй-хирне акăнакан çĕрсен кашни гектарĕ пуçне çулсерен 10 тоннăран кая мар тислĕкпе торф кăларас задача лартрăмăр.

Директивăсен проектĕнче улттăмĕш пилĕкçуллăхра колхозсенче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине икĕ хут ÿстерме палăртнă. Çак пысăк задачăна пурнăçа кĕртес тесен, пирĕн районти колхозсенче ĕнесен сĕт тухăçлăхне вăтамран 2.500—3.000 килограма çитермелле, усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 26—30 центнер аш туса илмелле, кашни сурăхран 3 килограмм çăм, кашни чăхран 110 çăмарта илмелле. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне çавăн чухлĕ ÿстерме пирĕн районти колхозсенче вăйсем тата условисем çителĕклĕ. Пĕтĕм ăнăçлăха халĕ ĕнтĕ ĕçе конкретлă, лайăх пĕлсе ертсе пыни татса парать.

Коммунистсем тата колхоз ĕçченĕсем паракан сĕнÿсене пĕтĕçтерсе, парти райкомĕпе райисполком пур колхозсенче те выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ÿстерес тĕлĕшпе халĕ практикăлла мероприятисем йышăнаççĕ. Вăраха хăвармасăр татса памалли задачăсенчен пĕри вăл—сăвакан ĕнесен шутне ÿстересси пулать.

Пирĕн районти колхозсенче усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне, пĕтĕмĕшпе илсен, 52 центнер çеç сĕт суса илнин тĕп сăлтавĕ çакăнта пулать: парти райкомĕпе райисполком, МТС дирекцийĕ тата колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисем фермăсенчи ĕнесенчен нумайрах сĕт суса илес енĕпе ĕçленĕ хушăрах ĕнесен шутне ÿстересси çине çителĕклĕ пăхман. Çавăн пирки ĕнтĕ фермăсенчи сăвакан ĕнесен хисепĕ иртнĕ пилĕкçуллăхра районĕпе пурĕ 271 пуç çеç хутшăннă. Усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне хальхи вăхăтра 3,5 ĕне çеç шутланать. Çак çитменлĕхе пĕтермесен, эпир районта кашни 100 гектар çĕр пуçне сĕт суса илесси хăвăрт ÿсессине кĕтме пултараймастпăр.

Партипе совет активĕпе пĕрле сÿтсе явнă хыççăн эпир çапла тума йышăнтăмăр: колхозсем валли урăх районсемпе областсенчен ĕнесем йышлăн кÿрсе килессине кĕтме çук, çавăнпа та кăçалтан тытăнса кашни колхозрах лайăх ĕнесен пăрушĕсене суйласа илмелле тата вĕсене лайăх пăхса çитĕнтермелле. 1956—1959 çулсенче 1.378 пăру пăхса çитĕнтерсе ĕнесем тумалла.

Эпир колхоз правленийĕсене колхозниксемпе рабочисем тата служащисем хăйсен хуçалăхĕнче усракан чи лайăх ĕнесен пăрушĕсене тата пушмак пăрусем туянма сĕнтĕмĕр. Тĕрĕслесе пăхсан çакă курăнчĕ: Сĕрпÿ хулинче, Рынкăпа Çĕнĕ саласенче, Ивановăпа ытти ялсенче пурăнакан нумай служащисемпе колхозниксем çулталăкра 3—4 пин литр сĕт паракан ĕнесем усраççĕ, анчах чылайăшĕ пăрусене çамрăклах пусса пĕтереççĕ. Çав пăрусене колхозсем валли туянтарсан тата тĕрĕс пăхса ÿстерсен, фермăсенчи ĕнесен шутне çитес ик-виçĕ çул хушшинче сахалтан та 600 пуç ÿстерме пулать. Колхозсем пурнинчен ытларах «Симментал» ăратлă ĕнесемпе пăкăрсем туянма шутлаççĕ. Çакăн пек майсемпе эпир колхозсенчи сăвакан ĕнесем шутне хальхинчен виçĕ хута яхăн ÿстерме, 1960 çул тĕлне 3.450 пуçа çитерме палăртатпăр, ку вăл усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 10 пуçран кая мар пулать.

Палăртнă мероприятисем хăйсем тĕллĕн пурнăçа кĕрсе пыраççине кĕтни пысăк йăнăш пулĕччĕ. Пăрусене тĕрĕс пăхса ÿстерес тĕлĕшпе халех организацилле мерăсем йышăнмалла. Эпир колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисене çамрăк пăрусене пăхса ÿстерме чи шанчăклă сынсене уйăрма, ку ĕçе уйрăмах, комсомолецсемпе комсомолкăсене шанса пама, вĕсем хушшинче социализмла ăмăрту организацилеме, пăрусем мĕн чухлĕ хутшăнса пынине кашни уйăхра виçсе тĕрĕслеме сĕнтĕмĕр.

Иртнĕ пилĕкçуллăхра пирĕн районта акăнакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне аш-какай та сахал туса илнĕ. Малта пыракан колхозсен опычĕ çакна кăтартса пачĕ: пысăк тăкаксем тумасăрах кашни фермăра сыснасем самăртас ĕçе анлăн организацилеме, сысна ашĕ туса илессине пĕр çулталăкрах ик-виçĕ хут ÿстерме май пур. Çакна шута илсе, райкомпа райисполком колхозсенче çĕнĕ хуçалăх çулĕнче пурĕ 12.500 пуçран кая мар сысна самăртма задача лартрĕç. Çак план халĕ ăнăçлăн пурнăçланса пырать. Районти свинаркăсемпе свинарсем, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе пыракан социализмла ăмăртăва хутшăнса, 1955—1956-мĕш хуçалăх çулĕнче кашни сысна аçи пуçне пĕр тоннăран кая мар сысна ашĕ туса илме обязательство йышăнчĕç.

КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне пĕтĕм районĕпе 1.500 пуç сысна самăртма палăртнăччĕ. Ку обязательствăна колхозсем срокчен тата ирттерсе пурнăçларĕç, январĕн 1-мĕшĕ тĕлне 1.752 пуç самăртса государствăна панă тата сутнă, кашни сыснин чĕрĕ виçи вăтамран 83 килограмм тайнă. Хальхи вăхăтра колхозсенче татах 1.202 пуç сысна самăртаççĕ.

Халĕ пирĕн районти колхозсенче Воронеж облаçĕнчи колхозниксем, колхозницăсем, МТС-семпе совхозсенчи работниксем, ялхуçалăх специалисчĕсем Совет Союзĕнчи мĕнпур ялхуçалăх работникĕсене Чĕнсе каланине сÿтсе яваççĕ. Воронеж облаçĕнчи ялхуçалăх работникĕсен патриотла чĕнĕвĕ çине ответлесе, пирĕн колхозсем çамрăк амасене аш валли самăртас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерме палăртаççĕ.

Районти парторганизацичи коммунистсен тата выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри работниксен сĕнĕвĕсене шута илсе, эпир çакăн пек задача лартрăмăр: çĕнĕ пилĕкçуллăхра пур колхозсен фермисенче те ăратлă сыснасем çеç ĕрчетмелле, сыснасене пысăк ушкăнпа самăртас ĕçе кăçалтан тытăнсах кашни колхозра анлăн пуçарса ямалла, çитес ик-виçĕ çултан акăнакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне çулсерен 30 центнертан кая мар сысна ашĕ туса илмелле.

Директивăсен проектне сÿтсе явнă чухне коммунистсем районти чылай колхозсенче сурăх тата кайăк-кĕшĕк ĕрчетес ĕç юлса пынине тĕрĕссипе кăтартса пачĕç. Йышăнас пулать, райкомпа райисполком та колхозсенче çăм тата çăмарта туса илессине ÿстерес ыйтусемпе халиччен сахалрах ĕçленĕ, хăшпĕр колхозсенчи пысăк çитменлĕхсенех асăрхаман. Кăçалтан тытăнса сурăхсемпе кайăк-кĕшĕке пăхас ĕçе тĕпрен лайăхлатма, уйрăмах сурăхсем валли сĕтеклĕ апатсем ытларах хатĕрлеме, кайăк-кĕшĕке усрама сурт-йĕрсем нумайрах тума палăртатпăр.

Кĕреşÿ ăнăçлăхне, плансем пурнăçа кĕрессине çынсем, пирĕн рабочисемпе колхозниксен, ялхуçалăх специалисчĕсен хастарлă ĕçĕ, парти, совет тата хуçалăх организацийĕсен ертсе пырас пултарулăхĕ, кулленхи организаторла ĕçĕ татса парать. Колхозниксемпе механизаторсен, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх пăхакансен социализмла ăмăртăвне организацилес тата ертсе пырас ĕçре КПСС Сĕрпÿ райкомĕн хăшпĕр опыт пур ĕнтĕ. Пуçламăш парторганизацисен ертсе пырас ăсталăхĕ ÿсиине палăртмалла. Анчах халиччехи ÿсĕмсемпе лăпланса пурăнма нимĕнле сăлтавсем те çук. «Родина», «Коммунизм», «Авангард» колхозсем тата хăшпĕр артельсем организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен вăраххăн тĕрекленсе пыни райкомпа райисполкомăн организаторла ĕçĕ çителĕксĕр пулнине, колхозсене ертсе пырас ĕçе ытларах лайăхлатма кирлине кăтартса парать.

Пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвне тата пысăк активлăхпа хутшăнса, Сĕрпÿ районĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсем çĕнĕ пилĕкçуллăхăн заданийĕсене срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн мĕнпур вăйĕсене хурĕç.

## В. М. МОЛОТОВ ФРАНЦИН СССР СОЮЗĔНЧИ ПОСОЛНЕ М. ДЕЖАНА ЙЫШĂННĂ

Çак кунсенче СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов Францин СССР Союзĕнчи посолне М. Дежана йышăннă, посол ăна Франци Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Христиан Пино янă посланине панă.

Çав посланире Пино господин, хăй Франци Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ вырăнĕнче ĕçлеме пуçланă май, Совет Союзĕн Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне саламлать, Европăри тата пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетес тĕлĕшпе пĕрле ĕçлеме кăмăл туни çинчен пĕлтерет.

В. М. Молотов Франци посолĕнчен çак саламшăн Пино господина тав тупи çинчен пĕлтерме ыйтнă, мире çирĕплетес, Франципе Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусене малалла аталантарас тĕлĕшпе пĕрлехи ĕçре ăнăçлă килĕштерсе ĕçлессине шанса тăни çинчен каланă.

## СОВЕТ СОЮЗĔН НОРВЕГИ ВЛАÇĔСЕМ ТЫТСА ЧАРНĂ ПУЛĂ ТЫТАКАН КАРАПĔСЕНЕ ИРĔКЕ КАЛАРНĂ

ОСЛО, февралĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсенче çапла пĕлтерекçĕ: Совет Союзĕн Норвеги тинĕсĕнче пулă тытса çÿренĕ темиçе карапне Норвеги влаçĕсем тытса чарнă.

Норвеги влаçĕсемпе калаçса татăлнă тăрăх, Совет карапĕсен капитанĕсем штраф тÿлеме килĕшнĕ хыççăн, Совет Союзĕн тытса чарнă суднисене пурне те ирĕке кăларнă. Февралĕн 7-мĕшĕнче çак карапсем Олесунд портĕнчен тинĕсе тухнă, халĕ вĕсем вăхăтра Атлантика океанĕнче пулă тытаççĕ.

## СОВЕТ СОЮЗĔПЕ ЯПОНИ ХУШШИНЧИ КАЛАÇУСЕМ

ЛОНДОН, февралĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Енер Лондонра Совет Союзĕпе Япони хушшинче пыракан калаçусем çинчен пĕрле пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă:

Февралĕн 7-мĕшĕнчи ларура СССР представителĕ Я. А. Малика Япони представителĕ Сюнити Мацумото СССР Союзĕпе Япони хушшинче тунмалли мирлĕ договор проектне статьясем тăрăх малалла сÿтсе явнă. Çитес ларăва февралĕн 10-мĕшĕнче ирттерме палăртнă.

## КИТАЙРИ РАБОЧИ КЛАСПА ХРЕСЧЕНСЕН СОЮЗĔ ÇИРĔПЛЕНСЕ ПЫРАТЬ

ПЕКИН, февралĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Коммунистсен партийĕпе халăх правительстви ялхуçалăхне вăйлатма, ялхуçалăхĕнчи производствăлла кооперацисене тĕрекелетме пур майсемпе те пулăшасси çинчен чĕнсе каланине Китайри рабочи класс хĕрÿллĕн ырласа йышăннă.

«Бэйцзинжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, февралĕн 7-мĕшĕнче Пекинра государствăн тата государствăпа уйрăм çынсен 123 предприятийĕнчи çамрăк рабочисемпе служащисен нумай çынна пухнă пулса иртнĕ. Ялхуçалăх заказĕсене пурнăçласа пыракан çак предприятисен представителĕсен пухăвĕ заказсене ăнăçлă пурнăçласшăн кĕрешÿ пуçлама йышăннă. Ку юхăм «Нумай, хăвăрт, лайăх тата перекетлĕ ĕçлер» текен лозунгпа сарăлса пырать. Хăйсен предприятийĕсен коллективĕсем ячĕпе рабочисем конкретлă обязательствăсем илнĕ.

## ПОЛЬША ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИ ИНДИЕ ПАНĂ ПАРНЕ

ДЕЛИ, февралĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Индин информаци бюровĕ пĕлтернĕ тăрăх, февралĕн 4-мĕшĕнче Польша Халăх Республикин Индири посолĕ Е. Грудзинский Индин сывлăха сыхлас ĕç министрне Раджкумари Амрит Каур госпожана медицина оборудованийĕ панă. Çакă вăл иртнĕ çул Инди премьер-министрне вăл Польшăра пулнă вăхăтра панă парне.

## АМЕРИКĂН ÇАР САМОЛЕЧĔСЕМ АВСТРИ НЕЙТРАЛИТЕТНЕ ПАСНИ

ВЕНА, февралĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Остеррайхише фольксштимме» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер кăнтăрла Америкăн реактивлă 4 истребителĕ Брегенц районĕнче Австри территорийĕ урлă вĕçсе каçнă. Самолетсем аялтан вĕçсе пынă, вĕсен паллисене уççăнах курма пулнă. Самолетсем Линдау енчен вĕçсе пынă, унтан Брегенц тĕлĕнче Хевеланда Германи еннелле пăрăнса кайнă.

## ХЕВЕЛАНАÇĔНЧИ ÇĔРШЫВСЕН ДИПЛОМАЧĔСЕН ВАШИНГТОНРИ КАНАШЛĂВĔ УМĔН

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентстви Вашингтонри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, çак эрне пуçламăшĕнче Вашингтонра Америка, Англи тата Франци дипломачĕсен канашлăвĕ пулать. Вĕсем «Вăтаçĕрти Хĕвелтухăçĕнче пĕрле пурнăçласа пымалли стратегие» пăхса тухма шутлаççĕ. Çак калаçусем, тесе кăтартса пырать корреспондент, Эйзенхауэр президентпа Англи премьер-министрĕ Иден нумаях пулмасть ирттернĕ калаçусен результачĕсенчен пĕри пулса тăрать. Калаçусене США государство секретарĕн помощникĕ Джордж Аллен, Англи посолĕ Роджер Майкинс тата Франци посолĕ Морис Кув де Мюрвиль хутшăнаççĕ.

# Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Англие каяс умĕн

ЛОНДОН, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕн ертсе пыракан деятелĕсем Великобританипе пыма хатĕрленни Англи общественноçне «хытă интерессентерет. Англири хуласен муниципалитечĕсенчен, тĕрлĕ общестăвăлла организацисенчен, фирмăсенчен тата уйрăм çынсенчен ССР Союзĕн Великобританири посольствине сутулăшу представительстине çырусем нумай пыраççĕ. Çырусенчен нумайăшне СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин ячĕпе çырса янă. Вĕсен авторĕсем Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Англие пыма хатĕрленнĕ пирки хăйсем питĕ кăмăллă пулнине палăртаççĕ, Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущева чун-чĕререн хапăл туса йышăнасси çинчен шантарса калаççĕ. Чылай хуласен, çав шутра Ковентри, Бедлингтон, Глазго, Нортгемптон, Гринвич хулисенче ытти хуласен муниципальлĕ совечĕсем Совет Союзĕн ертсе пыракан деятелĕсене çав хуласене пырса курма чĕнеççĕ. «Нортгемптон хулин граждансем муниципалитечĕ ячĕпе,—тесе çырать çак хула промышленноçĕ пысăк центр мэрĕ,—эпĕ Сире, хăвăр пирĕн çĕршыва килсен, çак авалхи хулана çитсе курма чĕнетĕп. Эсир Англие килме килĕшни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Ăна пирĕн çĕршывсенчи миллионшар çынсем пĕтĕм тĕнчере мир тăмалли—атомлăх умĕнче халăхсен вăхăтра тăракан çак тĕп задачăна пурнăçламалли çул çинче пысăк утăм тунă вырăнне хурса хаклăç». Лемингтон хулин мэрĕ Совет Союзĕн ертсе пыракан деятелĕсене çак хулана пырса курма «чун-чĕререн кăмăлласа чĕнет». Н. А. Булганина Н. С. Хрущев пирĕн çĕршыва килнине «пуртс чĕререн ырласа саламлĕç», вăл «халăхсем хушшинче ырă кÿршĕлле хутшăнусем тума» пулăшакан ĕç пулса тăрĕ, тесе çырать.

«Кардиффри ĕçлĕ çынсен клубĕ» ячĕпе унăн президенчĕ Роберт Уэбер сэр Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущева Кардифф хулине пырса курма, митингра сăмах тухса каламан чĕннĕ. Консервативлă Ист Уиллесден Ассоциаци, Совет Союзĕн руководителĕсене çак Ассоциаципе пыма чĕнсе, вĕсене ăшă кăмăлпа, хапăл туса йышăнасси çинчен каланă. Урăх çĕршывсен журналисчĕсен Лондонри Ассоциацийĕн комитечĕнчен илнĕ чĕнÿре Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущева çак Ассоциаципе чаплă пухăвĕн хисеплĕ хăнисем пулма ыйтаççĕ.

Тĕрлĕ фирмăсемпе компанисен, çав шутра «Роберт Асквит», «Абердаер Кейблс лимитед», «Оаус Уэлс Свитчгар лимитед», «Дж. Артур Ранк организейшн лимитед» компанийĕсен представителĕсем çырăвĕсенче Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев çак фирмăсемпе компанисен предприятийĕсене пырса курма чĕннĕ.

Англири профсоюзсен вырăнти тĕрлĕ уйрăмĕсен посланийĕсенче ăшă кăмăл палăрса тăрать. Горняксен профсоюзĕн членĕсен ячĕпе унăн Хетфилдри (Йоркшир) уйрăмĕн секретарĕ П. Колли Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущева шахтерсен поселокĕнче пĕр кун хушши ирттерме тата шахтăна пырса курма чĕнет. Дандири чугун çул работникĕсем, Совет Союзĕн ертсе пыракан деятелĕсене хăйсемпе тĕл пулма чĕнсе, çапла çыраççĕ: «Совет Союзĕнчи тата ытти çĕршывсенчи хамăрăн юлташсемпе туслă пурнăçласси çирĕплетес» ĕçе эпир хамăр енчен тивĕçлĕ вăй хунăшăн савăнатпăр, теççĕ.

Лланелли хулинчи (Уэлс) профсоюзсен совечĕ Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущева çак хулана пырса курма чун-чĕререн кăмăлласа чĕннĕ, Эсир пирĕн çĕршыва килни Англипе ССР Союзĕ хушшинчи суту-илĕве вăйлатмалли çул çинчи чăрмавсене сирсе пăрахма пулăшĕ тесе шанса тăратпăр, тенĕ. Çак чăрмавсем, çыру авторĕсем каланă тăрăх, Англи экономикине хавшатаççĕ, Лланелли хулинчи халăх ырлăхне сиен кÿреççĕ. Полиграфи, переплет тата ытти промышленноçĕнчи работниксен профсоюзĕн генеральлă секретарĕ В. Моррисон хăйĕн çырăвĕнче Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Англие пыма килĕшнине çак профсоюз исполкомĕ ячĕпе ырласа саламлать. «Эпир,—тесе çырать В. Моррисон,—çакна шанса тăратпăр: Эсир пирĕн çĕршыва килсе кайни ырă кÿршĕлле хутшăнусем туса хурас ĕçе пысăк вăй хуни пулса тăрĕ. Çавăн пек хутшăнусем пĕр-пĕрне шанса пурăнас йĕрке туса хума пулăшĕ».

Лондон, Глазго, Кембридж хулисенчи студентсен, спортсменсен организацийĕсемпе ытти организацисем те Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущева Англие пыма чĕнекен çырусем янă.

## ЛЕЙБОРИСТ ПУЛНА ÇЫНСЕМ АНГЛИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИНЕ КĔРЕÇÇĔ

ЛОНДОН, февралĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Нумаях пулмасть лейбористсен партийĕн членĕсем пулнă 22 çын коммунистсен партине кĕнĕ. «Дейли уоркер» хаçатра пичетлесе кăларнă заявленире вĕсем лейбористсен партийĕн ытти членĕсене те коммунистсен партине кĕме чĕнеççĕ. Вĕсем хушшинче лейбористсен партийĕн Галифаксри, Йоркширти организацийĕсен ертсе пыракан деятелĕсем пулнă 8 çын тата лейбористсен партийĕн тĕрлĕ районсенчи организацийĕсен представителĕсем пур. Чĕнсе каланинче çакна палăртнă: коммунистсен партине кашни çĕнĕ член кĕни Англири сулахайри вăйсен позицийĕсем çирĕпленнине пĕлтерет, тенĕ.

## ИНДИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНАЙ КОМИТЕЧĔН ПЛЕНУМĔ

ДЕЛИ, февралĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Делире январĕн 30-мĕшĕнче февралĕн 3-мĕшĕ хушшинче Индири Коммунистсен партийĕн Центральнай Комитечĕн пленумĕ пулса иртни çинчен пĕлтерни пичетлесе кăларнă. Штатсене пĕрлештересси çинчен çĕнÿсем панă пирки çĕршыва пулса тăнă лару-тăрăва пленум пăхса тухнă.

Партии тăвăттăмĕш съездне мартăн 8-мĕшĕнче пухмалла тунă пулнă. Анчах та çак вăхăтра штатсен законсем кăларакан органĕсене тата парламентра штатсене çĕнĕрен йĕркелесси çинчен калакан сĕнĕве сÿтсе явма палăртнă. Çакна кура Индири Коммунистсен партийĕн Центральнай Комитечĕ съезда тепĕр чухне пухма йышăннă. Парти съезчĕ апрелĕн 19-мĕшĕпе 29-мĕшĕ хушшинче Палгхатра (Малабар çыранĕн районĕ) пулса иртмелле.

Штатсене çĕнĕлле организацилесси çинчен лару-тăрăва пăхса тухнă хыççăн пленум çак ыйту тăрăх Индири Коммунистсен партийĕн Центральнай Комитечĕн резолюцине йышăннă. Резолюцире штатсене унти халăх мĕнле чĕлхепе калаçнине тĕпе хурса тума ирĕк пама кирли çинчен, нумай тĕрлĕ чĕлхене калаçакан халăхсен тăракан штатсем тăвассине хирĕç каланă.

## ИНДИ МИНИСТРĔН ЗАЯВЛЕНИЙĔ

ДЕЛИ, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Индири информаци бюровĕ пĕлтернĕ тăрăх, Индин çутçанталăк ресурсĕсене наукăлла тĕпчев ĕçĕсен министрĕ К. Д. Малавия çапла каланă: çывăх çулсенче Индие кирлĕ нефтĕн 25 процентне çак çĕршывра кăларма пулать. Индире нефть запасĕсем питĕ нумай, тенĕ вăл, вĕсемпе туллин усă курма тытăнсан, Инди хăйне кирлĕ нефть хамăр çĕршывра кăларма пулать.

## ИНДИПЕ ГОА ХУШШИНЧИ ЧИКЕРИ ĔÇСЕМ ÇИНЧЕН

ДЕЛИ, февралĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). «Таймс оф Индиа» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Инди правительстви представителĕ çапла каланă: февралĕн 5-мĕшĕнче Индипе Гоа чиккинче Инди полицийĕпе Португали хĕçпăшаллă отрячĕ пĕр-пĕрне хирĕç пăшалсемпе пенĕ. Çакăн умĕн ку отряд граждана çынсене пеме тытăннă, Инди чикки урлă каçса кĕнĕ. Пăшалсемпе пенĕ вăхăтра пĕр çынна амантнă.

## ÇĔР ЧĂМĂРĔ ÇИНЧЕ МИÇЕ ÇЫН ПУРĂНАТЬ

ПАРИЖ, февралĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви корреспонденчĕ ООН секретариачĕнчен çапла пĕлтерет: Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ пичетлесе кăларнă статистика сведенийĕсем тăрăх, 1954 çулта çĕр чăмăрĕ çинче 2 миллиард та 655 миллион çын пурăннă.

Çĕр чăмăрĕ çинчи халăх тĕрлĕ районсем тăрăх çапла пайланать: Азире 1 миллиард та 451 миллион çын пурăнать, Çурçĕр Америкăра (урăхла каласан, США-ра, Канадăра, Мексикăра, Гватемалăра, Гондурасра, Никарагуара, Коста-Рикăра, Сальвадорта, Панамăра, Кубăра, Гаитире)—233 миллион çын, Кăнтăр Америкăра—121 миллион çын, Европăра (ССР Союзĕсĕр)—407 миллион çын, Африкăра—214 миллион çын, Океанире—14,2 миллион çын.

## ХĔЛЛЕХИ СПОРТ ĂМĂРТĂВĔСЕМ ВĔÇЛЕННĔ

КОРТИНА Д'АМПЕЦЦО, февралĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС специкорĕ). Енер ирхине олимпиадăсенчи юлашки кун йĕлтĕрçĕсен трамплин çинчен сикмелли ăмăртăвĕ пулчĕ. Ку енĕпе Финлянди спортсменĕсем пултарулăх пулни палăрчĕ. Вĕсем малти икĕ вырăна йышăнчĕç: А. Хювяринен, трамплин çинчен сикес пĕрремĕш вырăна тухса, ылтăн медаль илчĕ. Иккĕмĕш вырăна А. Каллакорпи тухрĕ. Нимĕç спортсменĕ Г. Гласс бронза медаль илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Хĕллехи Олимпиадăн VII-мĕш вăййисем вĕçленчĕç. Çак вăййисенче совет спортсменĕсен пысăк çитĕнÿ турĕç. Вĕсем олимпиада чемпионĕсен 26 ылтăн медальне, тĕнче чемпионĕсен 23 ылтăн медальне тата Европа чемпионĕсен 17 ылтăн медальне илчĕç. Кунсăр пуçне, парне памалли вырăнсене йышăннăшăн совет спортсменĕсене 5 кĕмĕл медальпе 6 бронза медаль панă.

Февралĕн 5-мĕшĕнче каçхине Кортина д'Ампеццо «Лăр çинчи стадионра» хĕллехи олимпиадăн VII-мĕш вăййисем чаплăн вĕçленчĕç.

Спортсменсен олимпиадăна хутшăннă çĕршывсен ялавĕсене çĕклесе пĕрлĕ стадион çине тухаççĕ.

Пĕтĕм тĕнчери олимпийски комитет президенчĕ Брендедж, олимпийски вăййисен Италири организацилле комитечĕн президенчĕпе тата Кортина д'Ампеццо хулин мэрĕпе пĕрле, олимпийски светильник патне пырать. Вăл хĕллехи вăййисен вĕçленни çинчен пĕлтерет. Олимпиадăн шурă ялавĕ, пĕр-пĕрине çыхăнтарнă пилĕк укăллă ялав мăйĕн аялла анать... Олимпиада кăвайчĕ сÿнсе ларать.

Тĕнчери нумай çĕршывсенчи спортсменсен туслăхне çирĕплетме нумай пулăшнă хĕллехи олимпиада çапла вĕçленчĕ.



Анфиса Крючкова, Клавдия Гальмина, Анна Черных тата Анна Климина юлташсем пир-авăр комбиначĕ çумĕнчи ФЗУ шкулĕнчен пĕр вăхăтра вĕренсе тухнă. Халĕ вĕсем комбинатра пĕрле, пĕр сменăра ĕçлеççĕ. Çак туссем çĕрен пушă вăхăтра тетсемпе библиотекăсене те пĕрлех çÿреççĕ.

Ÿкерчĕк çинче: А. Крючкова, К. Гальмина, А. Черных тата А. Климина юлташсем ĕçрен пушă вăхăтра республикăри М. Горький ячĕпе тăракан библиотекăра.

И. Никифоров фотоÿкерчĕкĕ.

## Профсоюз Центральнай Комитечĕн отчечĕ

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕнче куллен кирлĕ таварсем туса кăларас енĕпе ĕçлекен рабочисен профсоюзĕн конференцийĕ пулчĕ. Унта Чăваш тата Мари АССР-ĕсенчен суйланă делегатсем пухăнчĕç. Конференципе куллен кирлĕ таварсем туса кăларас енĕпе ĕçлекен рабочисен профсоюзĕн Центральнай Комитечĕн ĕçĕсем çинчен Центральнай Комитет членĕ Филиппова юлташ доклад турĕ.

Куллен кирлĕ таварсем кăларас енĕпе ĕçлекен рабочисен профсоюзĕн Центральнай Комитечĕ иртнĕ икĕ çул хушшинче рабочисемпе тата инженерсемпе техниксем хушшинче социализмла ăмăрту сарса пырса, предприятисен коллективĕсене ĕç тухăçлăхне ÿстерме, производствăна лайăхлатма пулăшнă.

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕнчи, чăлха фабрикинчи, Сĕнтĕрти пир-авăр фабрикинчи профсоюз организацийĕсем те лайăххăн ĕçлеме пуçларĕç.

Отчетлă доклад тăрăх 13 çын тухса каларĕ. Çĕмĕрлери «Большевик» заводри профсоюз комитечĕн председателĕ Клячкин, Сĕнтĕрти пир-авăр фабрикин фабком председателĕ Алексеев, Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн директорĕн заместителĕ Кулешов, Сĕктерти вăрман комбиначĕн завком председателĕ Кондрашин тата ытти юлташсем профсоюзăн Центральнай Комитетне вырăнти профсоюз организацийĕсене çителĕклĕ пулăшнăшăн, рабочисемпе служащисен культурăлла йăлиылăхĕсене тивĕçтерес енĕпе çителĕксĕр ĕçленнĕшĕн критикăларĕç.

А. АЛЕКСЕЕВ.

## *Ф. М. Достоевские асăнса*

Январĕн 9-мĕшĕнче вырăссен паллă писателĕ Ф. М. Достоевский вилнĕренпе 75 çул тултарчĕ. Çавна май республикăри Максим Горький ячĕпе тăракан библиотекăра кĕнеке выставки йĕркеленĕ.

Вулакансем Достоевский писателĕн кĕнекисене юратса вулаççĕ. Юлашки вăхăтра кăна унăн кĕнекисене 130 çын илсе вуланă.

А. ИВАНОВ.

## Шахмат енĕпе „РСФСР-та мала тухмалли зонăри ăмăрту

Шахмат енĕпе РСФСР-та мала тухмалли зонăри ăмăртăван иккĕмĕш пайĕ пуçланчĕ. Тăххăрмĕш турта чи малтанах çамрăк шахматистсем—Стрекаловскипе Гизатуллин вылясă пĕтерчĕç. Вĕсем пурĕ те вуннăшăр хут кăна çÿреçç. Стрекаловскин вылямă лайăххах пулнă пулин те, Гизатуллин «вилнă шах» пачĕ те, ку парти нихăшĕ те çĕнтерейменнипе пĕтрĕ.

Козлов-Чугунов партийĕнче староиндийски защита вариантĕ пулчĕ. Чăваш республикин шахматисчĕ Чугунов, икĕ пешка пăрса пĕр слон выляса илчĕ, çавна май шуррисемпе вылякан королĕ çине тапăнса пыма шутларĕ. Козлован каярахпа илнĕ пĕр пешка пулчĕ пулин те, парти нихăшĕ те çĕнтерейменнипе пĕтрĕ.

Алешинпа Петров вылярĕç. Çак партире Петров слонсемпе икĕ енĕпе тапăнса пыма, часах вăйăра лайăх туна тытăнчĕ. Çавăх та Алешин çухалса ÿкмерĕ. Каярахпа унăн ферзяне тухма пултаракан икĕ пешка пурри палăрчĕ. Анчах та юлашкинчен, асăрханса выляманнине пула, Алешин икĕ пешкине те выляса илчĕ. Петров ăна çĕнтерчĕ.

Алексеевпа мастер кандидачĕ Новопашин вылянă интереслĕ пулчĕ. Новопашин, партин пуçламăшĕнчех лайăххах вылясе пуçларĕ, вăйĕн фигурисем çине тапăнса пыма пуçларĕ. Алексеев вылясе пулчĕ. Ку партие чухне вылясе пĕтерейменĕç. Савăн пекех Хавскипе Дамский партине те чухне вылясе пĕтермелле тунă.

Чăваш АССР-ĕн чемпионĕ Никитин тăххăрмĕш турта Игумновпа выляса илчĕ.

Мастер кандидачĕсем Сергиевскипе Радченко 32 хут çÿренĕ хыççăн партире нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçлеме килĕшрĕç. Калас пулать, вĕсен малалла вылями, тĕрлĕ комбинацисен тума лайăх майсем пурччĕ.

Волошинпа Кубарев партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе пĕтрĕ.

* * *

Малтанхи турсенчен юлнă партисене выляса пĕтерсе, сакăр хут çÿресенех, Новопашин Алексеева çĕнтерчĕ. Дамский Петровпа тата Хавскипе вылянă партисем нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕç. Хавскипе Петров вылянă партире, 8 хут çÿренĕ хыççăн, Петров çĕнтерни пĕтрĕ.

Февралĕн 8-мĕшĕнче вуннăмĕш тур пулчĕ. Мастер кандидачĕ Радченкопа пĕрремĕш разрядри çамрăк шахматист Стрекаловский хăвăрт выляса пĕтерчĕç. Радченко çĕнтерчĕ.

Çамрăк шахматист Новопашин вуннăмĕш турта каллех çĕнтерÿ турĕ. Çирĕм хут çÿренĕ хыççăн Петров парăнчĕ. Çапла çитĕ, Новопашин çак турнирта малта пыраканĕсене тан ларнă.

Горький хулин шахматисчĕ Кубарев, Мари АССР-ĕн чемпионĕ Гизатуллина çĕнтерчĕ.

Алексеевпа Чугунов партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе пĕтрĕ.

Мастер кандидачĕсем Хавскипе Сергиевский вылянă интереслĕ пулчĕ. Сергиевский выляса ячĕ.

Игумнов, цейтнотра ăнсăртран ладья выляса ярса, хăй парăнни çинчен пĕлтерчĕ.

Дамскипе Алешин тата Никитинпа Волошин партийĕсене тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă.

Чемпионатра халĕ Кубарев (Горький хули) малта пырать. Вăл çичĕ очко выляса илнĕ. Никитинăн (Чăваш АССР-ĕ) 6,5 очко. Унăн выляса пĕтермен тепĕр парти пур. Мастер кандидачĕсем Новопашин (Мускав облаçĕ), Волошин (Тутар АССР-ĕ), Сергиевский (Чăваш АССР-ĕ) тата пĕрремĕш разрядри Алексеев (Архангельск облаçĕ) ултшар очко выляса илнĕ. Тăхăр партире Козлов (Арзамас облаçĕ) 5,5 очко, мастер кандидачĕ Радченко (Краснодар)—5 очко пухнă.

## Пĕлтерни

Февралĕн 10-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче политэкономие (вăççĕмĕш цикл тăрăх) вĕренекенсем валли лекци пулать.

Лекци темин: «Китай Халăх Республикин экономикилла строй».

Лекторĕ В. В. Гордеев юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор заместителĕ П. Н. НИКОЛАЕВ.

# „ИКĔ ПОЗИЦИ"

**«Женьминьжибао» хаçат Н. А. Булганинпа Д. Эйзенхауэр пĕр-пĕрин патне посланисем яни çинчен**

ПЕКИН, февралĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин США президенчĕ Эйзенхауэр пĕр-пĕрин патне посланисем яни çинчен калакан «Икĕ позици» ятлă статьяра «Женьминьжибао» хаçат çапла çырать: çак икĕ послани тĕнчери çыннисем хушшинчи хутшăнусенчи икĕ тĕрлĕ позиципе палăртса тăраççĕ. Вĕсенчен пĕри—тĕнчери халăхсен пĕр-пĕрне килĕштерсе пурăнассине çирĕплетме, тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма тĕрĕ кăмăлпа тăрăшакан, çак тĕллеве пурнăçлама практикăлла ĕçсемпе пулăшакан Совет Союзĕн позицийĕ; тепри вара—тĕнчери халăхсен пĕр-пĕрне килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалла тăвассине, тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассине хирĕç тăракан, практикăлла ĕçсем тăвас вырăнне пушă сăмахсем калакан, çапла вара пĕр-пĕрне тачă çыхăнса ĕçлемелле, пĕр-пĕрне шанса пурăнмалла тăвас, тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас ĕçре ответлăхран пăрăнса кайма тăрăшакан Америкăн Пĕрлешÿллĕ Штачĕсен позицийĕ.

Совет Союзĕпе Пĕрлешÿллĕ Штатсем пĕр-пĕрне туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен килĕшÿ туннине, тенĕ статьяра, мире юратакан халăхсем пурте ырлана пулĕччĕç, мĕншĕн тесен Совет Союзĕпе Америка хушшинчи хутшăнусем лайăхланни тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас, тĕнчери кăткăс ыйтусене, çав шутра Европа хăрушсăрлăхĕ çинчен ыйтăва, Германи ыйтăвне, хĕçпăшалсене чакарас ыйтăва тата ытти пысăк пĕлтерĕшлĕ ыйтусене татса пама пулăшатчĕ.

Совет Союзĕ США-па пĕр-пĕрине туслă пурăнасси тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен договор тăвас пирки панă сĕнÿ, тенĕ «Женьминьжибао» хаçатра, халăх вăхăтри условисенче аслă державăсем хушшинчи хутшăнусене малалла лайăхлатмалли, вĕсем пĕр-пĕрне шанса пурнассине, тачă çыхăнса ĕçлессине çирĕплетмелли майсене палăртса тăрать. Çак сĕнÿ вăл тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатас ĕçре Совет Союзĕ çĕнĕрен пысăк вăй хуни пулса тăрать.

Эйзенхауэр президент ответлесе янă посланире США Совет Союзĕпе туслă пурăнасси тата тачă çыхăнса ĕçлесси çинчен договор тăвас пирки «Женьминьжибао» хаçат çапла çырать: Совет Союзĕ туса хатĕрленĕ договор проекчĕнчи положенисем Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕнче пур тесе каласа, Пĕрлешÿллĕ Штатсем хăйсен тĕнчери çыннисем пĕр-пĕрине килĕштерсе ĕçлесе пурăнассине çирĕплетесси кăмăл çуккине пытарса тăма тăрăшаççĕ.

### *Пакистан ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заявленийĕ*

КАРАЧИ, февралĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин Пакистанри телеграф агентстви редакторĕн ыйтăвĕсем çине ответсем панă май, ĕнер Пакистан ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Хамид-ул-Хак Чоудхури заявлени турĕ. Панă ентĕ, Н. А. Булганин отвечĕсенче Совет Союзĕпе Пакистан хушшинчи хутшăнусем çинчен каланăччĕ. Хаçатсен пичетлесе кăларнă çав заявленире министр Пакистан çар ушкăнĕсем çумне—СЕАТО-па Багдадра тунă пакт çумне пĕрлешнине тÿрре кăларма хăтланнă.

Çак вăхăтрах Хамид-ул-Хак Чоудхури Пакистан правительстви Совет Союзĕпе çыхăнусем тытассине лайăхлатма алăнах тăрăшни çинчен калать.

Экономика енĕпе пĕр-пĕрне килĕштерсе ĕçлес ыйтăва хускатса, вăл çапла каланă: «Эпир пĕр-пĕрне усă кÿмелле тăвас йĕркепе кирек хăш державăпа та калаçусем ирттерме килĕшетпĕр», тенĕ.

### Н. А. Булганин „Юнайтед пресс оф Пакистан" агентствин ыйтăвĕсем çине панă ответсем çинчен Пакистанра мĕн çыраççĕ

КАРАЧИ, февралĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин юлташ Пакистанпа Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусем пирки Пакистанри «Юнайтед пресс оф Пакистан» агентствин ыйтăвĕсем çине панă ответсем çинчен пĕлтернине столицăри хаçатсем пурте пичетлесе кăларнă.

«Юнайтед пресс оф Пакистан» агентствин ыйтăвĕсемпе Булганин юлташ отвечĕсен текстне хаçатсем: «Булганин Пакистанпа Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусем çинчен», «Совет суту-илÿ килĕшĕвĕ тума сĕнет», «Россия хăйĕнпе Пакистан хушшинчи хутшăнусене тĕрĕс принцип никĕсĕ çинче лайăхлатма сĕнет» текен заголовоксемпе пичетленĕ.

### ПАКИСТАН СЕАТО ÇĔРШЫВĔСЕН ХĔÇПĂШАЛЛĂ ВĂЙĔСЕН МАНЕВРĔСЕНЕ ХУТШĂНМА КИЛĔШНĔ

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентстви корреспонденчĕ Карачирен пĕлтернĕ тăрăх, Пакистан ют çĕршыв ĕçĕсен министерстви представителĕ çапла каланă: СЕАТО (Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азери валли тунă çар блокĕ.—Ред.) хутшăннă çĕршывсен çар флочĕсем мартăн пуçламăшĕнче маневрсем ирттерме хатĕрленеççĕ, Пакистан çак маневрсене хутшăнать.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленноç пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—5-04, литературăпа искусство пайĕ—5-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00626 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.